ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛЕШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Советĕпе Шупашкар хула Советĕн хаçачĕ

1953 çул
Март
27
ЭРНЕКУН
№ 63 (8972)
36-мĕш çул тухать.
Хакĕ 20 пус.

Паянхи номерте:



## Марксизм-ленинизм теорине пуянлатнă гениллĕ произведени

«Коммунизм ялавĕ» çак номертен пуçласа И. В. Сталин юлташăн «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăлла проблемисем» ятлă произведенине пичетлеме тытăнать. Ку классикла çĕнĕ произведение Сталин юлташ экономикăлла дискуссипе çыхăнса тăракан ыйтусем пирки çырнă тебриллĕ ĕçсем кĕреççĕ.

Сталин юлташăн «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăлла проблемисем» ятлă произведенийĕ, Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕ тĕлне пичетленсе тухнăскер, марксизм-ленинизм теорине хывнă хăватлă пуянлăх пулса тăрать. Çак чаплă произведени революциллĕ теорипе революциллĕ практика пĕр-пĕринпе тачăран та тачă çыхăнса тăнине яр-уççăн кăтартса парать. Вăл произведени теорипе практика тĕлĕшпе калама çук пысăк вырăн йышăнса тăрать: унта марксизм-ленинизм экономика çинчен вĕрентнине малалла аталантарнă.

Хăйĕн «Капитал» ятлă пĕтĕм тĕнчипе паллă кĕнекинче Карл Маркс капитализм мĕнле пуçланса аталаннине тата мĕнле пĕтессине тĕпчесе панă Çапла вара, вăл рабочи класа теори тĕлĕшпе хĕçпăшаллантарнă, капитализм чуралăхĕнчен тухмалли çула кăтартса панă.

Ленинпа Сталин марксизмăн экономикăлла вĕрентĕвне малалла аталантарса çӳлĕ те çĕнĕ пусăма çĕкленĕ, капитализмăн империализм саманинчи законĕсене уçса кăтартнă.

Сталин юлташăн çĕнĕ произведенийĕнче социализмăн политикăлла экономине тарăн тĕпчесе çырнă. социализмăн экономикăлла законĕсен характерне çутатса панă, унăн экономикăлла тĕп законне палăртнă, социализмран коммунизма майĕпен куçма кирлĕ тĕп условисене кăтартса панă, çав вăхăтрах тата экономикăлла вĕрентӳри йăнăш теорисене, марксизма хирĕçле шухăшсене тĕппипех çапса аркатнă.

Сталин юлташ социализмăн экономикăлла законĕсен характерĕпе вăйне тупса палăртнă. Вĕсем—çынсен ирĕкĕнчен килмен процессене палăртса тăракан объективлă законсем. Çынсем çав законсене тĕпчесе тупма, вĕсене тĕпчесе пĕлме, тĕпчесе вĕренме, вĕсене хăйсен ĕçĕнче шута илме, вĕсемпе общество интересĕсемшĕн усă курма пултараççĕ, анчах та çынсем вăл законсене улăштарма е пăрахăçа кăларма пултараймаççĕ. Çавăнпа та, социализм условийĕсенче çынсем экономикăлла законсене пĕтерме пултараççĕ тени, вĕсем хăйсен ирĕкĕпе урăх законсем «туса йĕркелеме» е кивĕсене «урăхлатса çĕнетме» пултараççĕ тени пачах та тĕрĕс мар. Сталин юлташ çапла вĕрентет: экономикăлла законсем пĕтмеççĕ, вĕсем, çĕнĕ экономикăлла условисене пула, вăйне çухатаççĕ те аяккалла сирĕлеççĕ, çĕнĕ законсене вырăн параççĕ, анчах çав çĕнĕ законсене çынсен ирĕкĕпе тумаççĕ, вĕсем çĕнĕ экономикăлла условисен никĕсĕ çинче пуçланса каяççĕ. Çапах та общество законсем умĕнче вăйсăр мар, вăл, экономикăлла законсене тĕпчесе пĕлсе тата вĕсем çине таянса, вĕсемпе общество интересĕсемшĕн усă курма пултарать. Экономикăлла законсемпе общество интересĕсемшĕн усă курас ĕçе яланах тата пур çĕрте те малта тăракан класс туса пырать, пĕтсе пыракан классем вара çав ĕçе хирĕç тăраççĕ. Çавăн пек хирĕç тăнине çĕнтерме пултаракан обществăлла вăй кирлĕ. Ун пек вăй пирĕн çĕршывра тупăнчĕ. Ку вăл—рабочисемпе хресченсен союзĕ. Çакна пула Совет влаçĕ обществăн кивĕ вăйĕсене çĕмĕрсе тăкма пултарчĕ, производствăлла хутшăнусем производительнăй вăйсен характерĕпе обязательнă килĕшсе тăмалла текен экономикăлла закон вара пирĕн патра тулли ирĕклĕх илчĕ. Сталин юлташ çапла кăтартса парать: производствăлла хутшăнусем производительнăй вăйсен характерĕпе обязательнă килĕшсе тăмалла текен экономикăлла закон çине таянса, Совет влаçĕ производство хатĕрĕсене пĕрлештерчĕ, вĕсене пĕтĕм халăх харпăрлăхĕ туса хучĕ, çапла майпа эксплуатаци йĕркине пĕтерчĕ, хуçалăхăн социализмла формисене туса хучĕ. Çав закон пулман пулсан тата ун çине таянса ĕçлемен пулсан, Совет влаçĕ хăйĕн задачине пурнăçа кĕртеймен пулĕччĕ.

Сталин юлташ социализмăн экономикăлла тĕп законне тĕпчесе тупни питех те пысăк вырăн йышăнса тăрать.

«Социализмăн экономикăлла тĕп законĕн чи паллă уйрăмлăхĕсемпе требованийĕсене,—тет Сталин юлташ,—çакăн пекрех каласа пама пулнă пулĕччĕ: социализмла производствăна çӳлте тăракан техника никĕсĕ çинче вĕçĕмсĕр ӳстерсе тата лайăхлатса пырса, пĕтĕм обществăн пĕрмаях ӳссе пыракан материальнăй тата культурăллă ыйтăвĕсене чи туллин тивĕçтерсе пырасси».

Социализмăн тĕп законне çакăн пек палăртса пани социализмла обществăн ăшчиккине, унăн тупсăмне кăтартса парать. Çак законра социализмла производствăн тĕллевĕ, вăл тĕллеве пурнăçа кĕртмелли меслет курăнса тăрать. Социализмла производствăн тĕллевĕ—услам илессишĕн хыпса çунни мар, унăн тĕллевĕ çыннăн пурнăçри ыйтăвĕсене тивĕçтерсси пулать. Социализмла производство умĕнче пĕтĕм обществăн пĕрмаях ӳссе пыракан материальнăй тата культурăллă ыйтăвĕсем тăраççĕ, унăн тĕп тĕллевĕ вĕсене туллин тивĕçтерсе тăрасси пулать.

Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕ, социализмăн экономикăлла тĕп законĕ ыйтнисене асра тытса, ССР Союзне 1951—1955 çулсенче аталантармалли пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе директивăсем йышăнчĕ.

«Пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх план,—тенĕ директивăсенче,—халăх хуçалăхне çĕнĕрен хăватлăн аталантарма палăртать тата халăхăн пурнăçне малалла лайăхлатма, унăн культурине чылай ӳстерме май парать.

Пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх плана тултарни социализмран коммунизм патне аталанса пымалли çул çинче пысăк утăм пулса тăрать».

Сталин юлташăн «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăлла проблемисем» произведенийĕ наукăлла социализм теорине. социализмран коммунизма майĕпен куçма кирлĕ условисене тĕпчесе панипе пуянлатрĕ.

— Коммунизма куçма сăмахпа мар, чăн-чăнах хатĕрленсе çитес тесен,—тет Сталин юлташ,—сахалтан та малтанлăха кирлĕ виçĕ тĕп условие пурнăçа кĕртес пулать.

Пĕрремĕшĕнчен, пĕтĕм обществăлла производствăна ӳстерсе пыма, уйрăмах производство хатĕрĕсем туса кăларассине ытларах ӳстерсе пыма çирĕп никĕс тумалла; çавăн пек тумасан, сарăлса пыракан воспроизводство пулма пултараймасть.

Иккĕмĕшĕнчен, колхозсене усă курсе, çапла вара, пĕтĕм обществăна усă курсе, майĕпен улшăнусем туса пынипе колхозла харпăрлăха пĕтĕм халăх харпăрлăхĕ шайне çити çĕклемелле. çавăн пекех майĕпен улшăнусем туса пынипе тавар сутса илни вырăнне продуктпа продукт улăштарас йĕркe тумалла.

Виççĕмĕшĕнчен, общество культурине чи çӳлĕ шая çити ӳстермелле, вăл обществăн мĕнпур членĕсене вăй-халпа ăстăн тĕлĕшĕнчи пултарулăхĕсене пур енĕпе те аталантарма май патăр, общество членĕсем общество аталанăвĕн активлă деятелĕсем пулмашкăн çитĕлĕклĕ таран вĕренме пултарччăр, вĕсем ирĕклĕн професси суйласа илме пултарччăр, çапла вара, вĕсен, ĕçлев пайланса тăнине пула, ĕмĕр тăршшĕпех пĕр-пĕр профессипе çыхăнса тăмалла ан пултăр.

Çак малтанлăха кирлĕ мĕнпур условисене, вĕсене пурне пĕрле илсе, пурнăçа кĕртсен кăна пĕр экономикăран, социализм экономикинчен—чи çӳлте тăракан тепĕр экономикăна, коммунизм экономикине татăклăнах куçма пулать.

Сталин юлташ «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăлла проблемисем» произведенире çавăн пекех тата хальхи капитализмăн чи паллă проблемисене те тĕпчесе панă.

Сталин юлташ çапла вĕрентет: ку чухнехи капитализмăн экономикăлла тĕп законĕн чи паллă уйрăмлăхĕсемпе требованийĕсем—«çĕршыври халăхăн ытларахăшне эксплуатацилесе, юхăнтарса тата чухăнлатса, ытти çĕршывсенчи, уйрăмах та кая юлнă çĕршывсенчи, халăхсене чуралантарса тата пĕрмаях çаратса, юлашкинчен, вăрçăсем кăларса тата халăх хуçалăхне вăрçă валли ĕçлеттерсе, çаксемпе пысăкран та пысăк услам илес çĕрте усă курса, капиталистла чи пысăк услам илесси».

Сталин юлташ капитализмăн пĕтĕмĕшле кризисĕ хальхи тапхăрта çивĕчленсе пынине, пур çĕршывсене те пĕр-пĕринпе çыхăнтарса тăнă тĕнчери рынок, тĕнчери иккĕмĕш вăрçа пула пайланса кайнине кăтартса панă. Социализм лагерĕнчи çĕршывсем—Совет Союзĕпе халăх демократи çĕршывĕсем—хăйсен вăйлă рынокне туса хучĕç. Çак рынока хирĕç капитализм лагерĕнчи çĕршывсен рынокĕ тăрать, унăн пуçĕнче—Америкăри Пĕрлешӳллĕ Штатсем.

Капитализмăн тĕнчери системи, тет Сталин юлташ, пур тĕлĕшпе те кризис тӳссе пурăнать, çак кризис экономикăна та, политикăна та çавăрса илет. Унăн сăлтавĕ капитализмăн тĕнчери экономикăлла системи ытларах та ытларах хавшаса пыни пулать. Çав кризиса Совет Союзĕпе Китай тата халăх демократин ытти çĕршывĕсем вăйланса пыни тата та тарăнлатать.

Капитализм вăйран тайăлса пыни унăн шалти хирĕçĕвĕсене çивĕчлентерет, империалистла çăткăнсем хушшинчи кĕрешĕве вăйлатать.

Сталин юлташăн «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăлла проблемисем» произведенийĕ пире обществăн экономикăлла законĕсене, тĕнчере пулса иртекен тĕрлĕ ĕçсене лайăхрах тĕпчесе пĕлме, тарăнрах ăнланса илме пулăшать, хамăрăн малалла пырас çулăн тĕллевне уççăн курса тăма, хăвăртрах çĕнтерӳсем тума, вĕсене çирĕплетсе пыма никам çĕнтерейми вăй тата пĕлӳ парать.

Сталин юлташ политикăлла экономи ыйтăвĕсем пирки çырнă генилле произведение пĕтĕм парти вĕренет, ăна хуçалăх, культура, политика ĕçĕнчи мĕнпур кадрсем вĕренеççĕ. Ку произведение пирĕн Чăваш республикинче те тимлĕн вĕренеççĕ. Хуласемпе ялсенче, заводсемпе колхозсенче, институтсенче, шкулсенче «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăлла проблемисем» кĕнеке тăрăх лекцисем, докладсем, калаçусем туса ирттереççĕ.

Парторганизацисен задачи çакăнта пулать: Сталин юлташăн «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăлла проблемисем» произведенине вĕренес ĕçе тата та лайăхрах организацилемелле, ăна пропагандăлас ĕçе марксизм-ленинизмăн экономикăлла вĕрентĕвне чи лайăх пĕлекен лекторсене, пропагандистсене, докладчиксене хутшăнтармалла, экономика ыйтăвĕсене хăйсем тĕллĕн вĕренекенсене квалификациллĕ консультацисем памалла, куллен пулăшса, вĕрентсе пымалла; докладсемпе лекцисене ятне тума мар, коммунистсене, комсомолецсене, пĕтĕм активна чăннипех те усă парас тесе туса ирттермелле.

Çак кунсенче, Сталин юлташăн «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăлла проблемисем» кĕнеки тĕрлĕ халăхсен чĕлхипе пин-пин экземплярпа пичетленсе тухса, совет çĕршывĕнчи халăхсем хушшине, пĕтĕм тĕнчене саланнă вăхăтра, ăна миллионшар коммунистсем, ĕççыннисем, пĕтĕм прогрессивлă этемлĕх хĕрсе вĕреннĕ кунсенче,—пирĕншĕн пуриншĕн те пысăк хурлăх пулчĕ: Иосиф Виссарионович Сталин вилсе кайрĕ, эпир аслă çулпуçăмăра, пирĕншĕн çывăх та тăван, вĕçĕмсĕр хаклă çынна çухатрăмăр.

Ленин соратникĕ, унăн ĕçне генилле туса пынă аслă çулпуçăмăр тата учителĕмĕр Сталин юлташ пирĕнтен уйрăлса кайни мĕнпур совет çыннисене совет халăхĕ умĕнче тăракан питĕ пысăк задачăсене пурнăçлас тĕлĕшпе пысăкрах вăй хурса ĕçлеме, коммунизм обществи тăвас, социализмла Тăван çĕршывăн хăватне тата оборона пултарулăхне ӳстерес ĕçе ытларах вăй хума хушать. Пирĕн çул уççăн палăрса тăрать, çак çула И. В. Сталинăн «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăлла проблемисем» ятлă генилле произведенийĕнчи идейăсем тата Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕ йышăннă историллĕ решенисем çутатса тăраççĕ.

Коммунистсен партийĕн çак чаплă документĕсенче коммунизм строительствин аслă программине, ăна пурнăçа ăнăçлăн кĕртсе пымалли çула кăтартса панă.

Ленинăн—Сталинăн çĕнтерӳллĕ ялавĕ айĕнче, Коммунистсен партийĕ ертсе пынипе, паттăр совет халăхĕ Сталин юлташ хушса хăварнисене пурнăçа чыслăн кĕртĕ, çĕршывра коммунизм туса çитерĕ.

### И. В. Сталинăн „ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăлла проблемисем" ятлă произведенине вĕренеççĕ

ТАГАНРОГ. Хулари пысăк предприятисенче—Андреев ячĕпе тăракан металлурги заводĕнче, хуранçем тăвакан «Красный котельщик» заводра кружоксемпе политшкулсенче вĕренекенсене пулăшма лекцисем организациленĕ. Çĕнĕ çултанпа 400 ытла лекци вуласа панă.

ВОЛОГДА. Хулари коммунистсем, комсомолецсем тата партире тăман активистсем пиншер çын И. В. Сталинăн «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăлла проблемисем» ятлă произведенине вĕренеççĕ. Харпăр хăй тĕллĕн вĕренекенсене пулăшма партин хула комитечĕ 7 лектори организациленĕ. Лекторисенчен хăшпĕрисем предприятисенче, чугун çул узелĕнче тата паравуссемпе вагонсем юсакан заводра ĕçлеççĕ. Хулара тата облаçри районсенче И. В. Сталинăн генилле произведенине вĕренме 270 семинар организациленĕ.

Мартăн 23-мĕшĕ. (ТАСС).

### ИОСИФ ВИССАРИОНОВИЧ СТАЛИНА ПЫТАРНА КУН ТРАУРЛА МИТИНГРА Г. М. МАЛЕНКОВ, Л. П. БЕРИЯ ТАТА В. М. МОЛОТОВ КАЛАНА САМАХСЕНЕ ЧАВАШЛА ПИЧЕТЛЕСЕ КАЛАРНА

Иосиф Виссарионович Сталина пытарнă кун 1953 çулхи мартăн 9-мĕшĕнче Хĕрлĕ площадьре траурлă митингра Г. М. Маленков, Л. П. Берия тата В. М. Молотов каланă сăмахсене Чăваш АССР государство издательстви уйрăм кĕнекесем туса чăвашла пичетлесе кăларнă.

Кĕнекесене вуншар пин экземпляр кăларнă.

РИМ

### ПАЛЬМИРО ТОЛЬЯТТИ юлташа

Эсир 60 çул тултарнă кун Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕ Сире—Италири мухтавлă Коммунистсен партийĕн боевой руководительне—тăванла хĕрӳллĕ салам ярать.

Эпир Сире саламланипе пĕтĕм тĕнчери коммунистла движенин чаплă деятельне, Итали ĕç халăхĕн мирпе наци никама пăхăнманлăх ĕçĕшĕн, демократипе социализм ĕçĕшĕн пыракан кĕрешӳри шанчăклă çулпуçне саламлатпăр.

Сире, хаклă Тольятти юлташ, çирĕп сывлăхлă пулма, Италири рабочисемпе хресченсен ырлăхĕшĕн, пĕтĕм прогрессивлă этемлĕх ырлăхĕшĕн нумай çулсем хушши пурăнма сывлăх сунатпăр.

**Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕ.**

### Советлă Социализмлă Республикăсен Союзĕн Министрĕсен Советĕнчен

Совет государствишĕн пысăк çухату пулнă—СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕ Генералиссимус Иосиф Виссарионович **Сталин** вилнĕ пирки хурланса пĕлтернĕшĕн правительствăсене, организацисене, государство тата общество деятелĕсене Советлă Социализмлă Республикăсен Союзĕн Правительстви чĕререн тав тăвать.

### Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитетĕнчен, ССР Союзĕн Министрĕсен Советĕнчен тата СССР Верховнăй Совет Президиумĕнчен

Совет халăхĕ умне пысăк çухату килсе тухнă — СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕ тата Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн Секретарĕ Иосиф Виссарионович **Сталин** вилнĕ пирки Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕ, ССР Союзĕн Министрĕсен Совечĕ тата СССР Верховнăй Совет Президиумĕ ячĕпе ют çĕршыв государствисен пуçлăхĕсемпе правительствисенчен, Совет Союзĕнчи тата урăх çĕршывсенчи государство, парти тата общество организацийĕсенчен, пухусенчен, ĕççыннисен коллективĕсенчен тата уйрăм çынсенчен хурланни çинчен пĕлтерекен 200 пин ытла послани килнĕ.

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕ, ССР Союзĕн Министрĕсен Совечĕ тата СССР Верховнăй Совет Президиумĕ совет халăхĕн аслă çулпуçĕ, СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕ тата Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн Секретарĕ Иосиф Виссарионович **Сталин** вилнĕ пирки хурланса пĕлтернĕшĕн тата халĕ те килсе тăракан посланисенче хурланса пĕлтернишĕн чĕререн тав тăваççĕ.

### *„Халăхсем хушшинче мире çирĕплетнĕшĕн" памалли тĕнчери Сталинла премисем тĕлĕшпе ĕçлекен Комитетра*

## Францири обществăллă деятеле Ив Фаржа тĕнчери Сталинла преми пани

Мартăн 25-мĕшĕнче «Халăхсем хушшинчи мире çирĕплетнĕшĕн» памалли тĕнчери Сталинла премие Францири обществăллă деятеле, миршĕн кĕрешекен чаплă бореца **Ив Фаржа** панă.

Кремлĕн Свердловски залĕнче совет общественноçĕн нумай йышлă представителĕсем—Мире хӳтĕлес тĕлĕшпе ĕçлекен Совет Комитечĕн членĕсем тата ытти обществăллă организацисен представителĕсем пулнă. Вĕсем хушшинче—совет наукипе искусствин паллă деятелĕсем, Мускав предприятийĕсенчи ĕçре малта пыракан çынсем.

Зала пухăннисем тĕнчери Сталинла преми лауреатне Ив Фаржа, тĕнчери Сталинла премисем тĕлĕшпе ĕçлекен Комитет председательне Д. В. Скобельцын академика, Комитет членĕсене А. А. Фадеевпа И. Г. Эренбурга, мире хӳтĕлес тĕлĕшпе ĕçлекен Совет Комитечĕн председательне Н. С. Тихонова ăшшăн кĕтсе илеççĕ. Залра Францин чаплă патриотне, миршĕн активлă кĕрешекен бореца Ив Фаржа чысласа, Совет Союзĕпе Франци халăхĕсем хушшинчи туслăха чысласа алă çупаççĕ.

Скобельцын академик кĕске сăмах калать, Ив Фаржа тĕнчери Сталинла преми лауреачĕн хисеп палли—И. В. Сталин сăнне ӳкернĕ ылтăн медаль тата диплом парать. Пурте тăвăллăн алă çупаççĕ.

Лауреата Совет Союзĕнчи обществăллă организацисен ячĕпе Мире хӳтĕлес тĕлĕшпе ĕçлекен Совет Комитечĕн председателĕн заместителĕ **С. А. Герасимов** кинорежиссер, **В. М. Кожевников** писатель, фашизма хирĕç кĕрешекен совет хĕрарăмĕсен Комитечĕн президиумĕн членĕ, медицина наукисен докторĕ **В. А. Лебедева**, фашизма хирĕç кĕрешекен совет çамрăкĕсен Комитечĕн ответлă секретарĕн заместителĕ **В. В. Иванова** тата писатель **И. Эренбург** саламлаççĕ.

Юлашкинчен тĕнчери Сталинла преми лауреачĕ Ив Фарж ответлă сăмах каланă. Ăна пысăк тимлĕхпе итленĕ. (ТАСС).

## Совет Союзĕпе Китай хушшинчи суту-илӳ килĕшĕвĕ

СССР Шалти тата Тулашри Суту-илӳ Министерствипе Китай Халăх Республикин Суту-илӳ Делегацийĕ хушшинче пĕр-пĕрне туслă ăнланнипе пулса иртнĕ калаçусем хыççăн çак кунсенче ССР Союзĕпе Китай Халăх Республики хушшинче 1953 çул валли тавар çаврăнăшĕ çинчен Протокол, Китай Халăх Республикине кивçен укçа парасси çинчен 1950 çулхи февралĕн 14-мĕшĕнче йышăннă Килĕшӳ çумне хушса çырнă Протокол, çавăн пекех тата хальхи вăхăтра ĕçлесе тăракан электростанцисене аслăлатма тата çĕнĕ электростанцисем тума Китая Совет Союзĕ пулăшу парасси çинчен Килĕшӳ йышăнса алă пуснă.

Алă пусса йышăннă Протоколсем тăрăх Совет Союзĕпе Китай хушшинчи суту-илĕве малалла вăйлатма тата Совет Союзĕнчен Китая металлурги, сăрт-ту, машиностроени, хими, энергетика тата промышленноçăн ытти отраслĕсем валли оборудовани, çавăн пекех промышленноçпа транспорт валли материалсем, ялхуçалăх машинисем, ăратлă выльăх, вăрлăх тата ытти таварсем тăратма палăртнă.

Китай хăй енчен Совет Союзне 1953 çулта тĕслĕ металсем, рис, ӳсентăран çăвĕ, çу тумалли ӳсентăран вăрлăхĕ, апкакай, табак, чей, улма-çырла, çăм, джут, пурçăн-сырец, пурçăн пусма-тавар, тирсăран тата ытти таварсем тăратать.

Совет Союзĕ енчен Протоколсемпе Килĕшӳ çине СССР Шалти тата Тулашри суту-илӳ Министрĕ А. И. Микоян, Китай енчен Государство Администраци Совечĕ çумĕнчи Финанспа Экономика Комитечĕн Председателĕн Заместителĕ тата Тулашри Суту-илӳ Министрĕ Е Цзи-чжуан тата Финанспа Экономика Комитечĕн Председателĕн Заместителĕ Ли Фу-чунь алă пуснă.

Асăннă килĕшӳсем çине алă пуснă чухне, çаксем пулнă: Китай енчен—Китай Халăх Республикин Государство Администраци Совечĕн Премьерĕ тата Ют çĕршыв Ĕçĕсен Министрĕ Чжоу Энь-лай, Китай Халăх Республикин Совет Союзĕнчи Чрезвычайнăй тата Полномочнăй Посолĕ Чжан Бэнь-тянь, Китай Посольствин Суту-илӳ советникĕ Ли Сянь; Совет Союзĕ енчен—СССР Ют çĕршыв Ĕçĕсен Министрĕн Заместителĕ А. Я. Малик, СССР Шалти тата Тулашри суту-илӳ Министрĕн Заместителĕсем П. Н. Кумыкинпа С. А. Борисов, Совет Союзĕн Китай Халăх Республикинчи Чрезвычайнăй тата Полномочнăй Посолĕ В. В. Кузнецов тата СССР Ют çĕршыв Ĕçĕсен Министерствипе СССР Шалти тата Тулашри суту-илӳ Министерствин ответлă работникĕсем.

## *Сулă юхтарма тытăнас умĕн*

Кĕркуннепе хĕллехи вăхăтра касса хатĕрленĕ йывăçран чылайăшне çуркунне сулăпа юхтарма тивет. Кăçал «Чăвашвăрман» треста пăхăнса тăракан вăрманпромхозсен çеç 300 пин кубометр ытла йывăç сулăсемпе ăсатмалла.

Сулă юхтарас ĕç—хăвăрт, вăхăтра тумалли ĕç. Чылай пĕренесене Атăлпа Сăра пĕчĕк юханшывсем тăрăх илсе тухмалла. Пĕчĕк юханшывсенче (Пасна, Хĕр, Люля, Апамса, Парат т. ыт. те) шыв çуркунне эрне, эрне çурă хушшинче çеç тулли пулать. Çав вăхăтра пĕренесене шыва пăрахма ĕлкĕреймесен унччен тунă ĕç харама каять.

Çурхи шыв-шур кайма тытăниччен вăхăт нумай юлмарĕ. Апла пулин те нумай вăрманпромхозсем сулă юхтарма япăх хатĕрленеççĕ. Уйрăмах юханшывсем хĕррине йывăç турттарса кăларас ĕç юлса пынине палăртас пулать. «Чăвашвăрман» трест сулăпа ăсатмалли йывăçран 63 процентне çеç турттарса кăларнă. Пăрачкав вăрманпромхозĕ (директорĕ П. Федоров юлташ) ку тĕлĕшпе чăтма çук япăх ĕçлет, плана пурĕ те 16 процент çеç тултарнă. Шăмăршă вăрманпромхозĕпе Улатăр вăрманпромхозĕн те йывăç турттарас ĕçе хăвăртлатмалла. Халлĕхе вĕсем куллен хи заданине çурри ытларах çеç пурнăçласа пыраççĕ. Ку кунсенче вăрманпромхозсен автомашинисемпе тракторĕсене тата ытти механизмсене кунĕн-çĕрĕн ĕçлеттермелле. Лавсемпе те лайăхрах усă курмалла.

Тăвай, Елчĕк, Элĕк, Советски тата Пăрачкав районĕсенчи колхозсен тата вуншар пин кубометр йывăç юханшывсем хĕррине турттарса кăлармалла. Советски районĕнчи нумай колхозсем йывăç турттармаççĕ. Пăрачкавпа Элĕк районĕсенчен те лавсем сахал. Халĕ çуна çулĕ лайăх, вăрманта ĕçлеме чăрăнма нимĕнле сăлтав та çук. Сулсем пăсăлма пуçласан та ĕçлеме пăрахмалла мар, каçхи шăнпа усă курмалла. Касса хатĕрленĕ йывăçа шыв тăрăх вăхăтра тăратманни Çĕмĕрлери, Улатăрти, Куславккари, Шупашкарти предприятисемпе стройкăсене пысăк чăрмав кӳме пултарать.

Сулă юхтарас ĕçе ăнăçлăн вĕçлесси юханшывсене тункатасемпе урлă-пирлĕ выртакан йывăçсенчен вăхăтра тасатнинчен те сахал мар килет. Çав ĕç чылай çĕрте япăх пырать. Йĕпреçпе Пăрачкав вăрманпромхозĕсен Хĕр юханшывне 80 километр тăршшĕ тасатмалла. Вĕсем ку ĕçе тытăнман та. Чылай вăрманпромхозсем сулă тума трос тата пăяв çитĕнлĕ хатĕрлесе хуман.

Сулăсем тума тата юхтарма вăрманпромхозсене лебедкăсем, автоэлектрокрансем, элеваторсем, катерсем тата ытти механизмсем нумай уйăрса панă. Ĕç ăнăçлăхне çав хăватлă техникăпа туллин усă курни, вĕсене çитес кунсенче пысăк палăха юсаса çитерни [illegible] тăватса парать. Хăшпĕр хуçалăх руководителĕсем механизмсене юсассине пысăка хурса хаклаççĕ. Улатăрти сулă юхтаракан кантур механизмсене çуррине çеç юсанă. Вăл мотокатера юсама Улатăрти автомашинăсем юсакан мастерской январь уйăхĕнче панă. Мастерской ăна халиччен те юсаман. Приволжски вăрманпромхозра та катерсене юсас ĕç вăраххăн пулса пырать.

Сулă юхтарас ĕçе çулсерен пиншер колхозник хутшăнать. Вăрманпромхозсен вĕсене лайăх кĕтсе илме, вĕсем валли общежитисем, ĕç хатĕрĕсем, апат-çимĕç çителĕклĕ хатĕрлесе хурас пулать. Тепĕр эрне, эрне çурăран юханшывсем патне автомашинăпа мар, лавпа та пырса кĕме хĕн пулать. РСФСР Вăрман промышленность министерствин Чăваш республикинчи УРС-ĕ (начальникĕ Никандров юлташ) сулă юхтаракансем пурăнакан вырăна апат-çимĕç, промышленность таварĕсем илсе пыма, котлопунктсем уçма тăрăшмасть. Вăрманпромхоз руководителĕсен базăсенчен апат-çимĕçпе промышленность таварĕсем кӳрсе килме транспорт уйăрса памалла, столовăйсемпе пекарьнăсене хăвăртрах юсаттарса пĕтерме тăрăшмалла.

Вăрманпромхозсенчи партипе профсоюз организацийĕсен сулă юхтаракан рабочисем хушшинче массăллă-культурăллă ĕçе лайăх йĕркелеме хатĕрленес пулать. Общежитисенче, ĕçленĕ вырăнта çĕнĕ хаçат-журналсем пулччăр. Парторганизацисен агитаторсемпе пропагандистсем уйăрмалла, кашнине конкретлă заданисем памалла.

Вăрманпромхозсен кашни кунпа, кашни сехетпе усă курма тăрăшас пулать. Кашни руководителĕн государство заданине чыслăн пурнăçлассишĕн хăйĕн ответлăхне ӳстермелле, рабочисен ĕçри хастарлăхне вăйлатса пымалла.

**Инженер И. СМИРНОВ.**

И. СТАЛИН

# ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăлла проблемисем

*Экономикăлла дискуссие хутшăннă юлташсене.*

## 1951 çулхи ноябрьте пулнă дискуссипе çыхăнса тăракан экономикăлла ыйтусем пирки асăрхаттарнисем

Политикăлла экономи учебникĕн проекчĕ хак парас тĕлĕшпе экономика ыйтăвĕсем тăрăх иртнĕ дискусси пур документсене те илтĕм эпĕ. Çав шутрах «Политикăлла экономи учебникĕн проектне лайăхлатмалли сĕнÿсене», проектри «Йăнăшсемпе тĕрĕс марлăхсене пĕтермелли сĕнÿсене», «Тавлашуллă ыйтусем пирки панă справкăна» та илтĕм.

Çак мĕнпур материалсем пирки, çавăн пекех тата учебник проекчĕ пирки çакăн пек асăрхаттарусем тума кирлĕ тесе шутлатăп.

### 1. Социализм вăхăтĕнчи экономика законĕсен характерĕ çинчен тăракан ыйту.

Наука законĕсем, уйрăмах социализм вăхăтĕнчи политикăлла экономи законĕсем объективлă характерлă пулнине хăшпĕр юлташсем йышăнмаççĕ. Политикăлла экономи законĕсем çынсен ирĕкĕнчен килмесĕр пулса иртекен процессен закономерноçĕсене палăртса тăракан закон пулса тăнине çав юлташсем йышăнмаççĕ. Совет государстви истори хăйне уйрăм роль панине пула Совет государстви, унăн руководителĕсем политикăлла экономи законĕсене пăрахăçа кăларма пултараççĕ, çĕнĕ законсем «туса йĕркелеме», çĕнĕ законсем «туса хума» пултараççĕ, тесе шутлаççĕ çав юлташсем.

Çак юлташсем пысăк йăнăш тăваççĕ. Вĕсем, курăнать ĕнтĕ, çутçанталăкра е обществăра çынсен ирĕкĕнчен килмесĕр пулса пыракан объективлă процессене палăртса тăракан наука законĕсене правительствăсем кăларакан законсемпе, çынсен ирĕкĕпе тунă тата юридически вăй кăна илнĕ законсемпе пăтраштараççĕ. Анчах та вĕсене пăтраштарма нимпе те юрамасть.

Наука законĕсем,—çăмах естествознани законĕсем çинчен е политикăлла экономи законĕсем çинчен пырать-и, вăл пурпĕрех,—çынсен ирĕкĕнчен килмесĕр пулса иртекен объективлă процессене палăртса тăраççĕ тесе йышăнать марксизм. Çынсем çав законсене тĕпчесе тупма, вĕсене тĕпчесе пĕлме, вĕсене тĕпчесе вĕренме, вĕсене хăйсен ĕçĕнче шута илме, вĕсемпе общество интересĕсемшĕн усă курма пултараççĕ, анчах çынсем çав законсене улăштарма е пăрахăçа кăларма пултараймаççĕ. Çынсем наукăн çĕнĕ законĕсене туса йĕркелеме е туса хума пушшех те пултараймаççĕ.

Çакă вăл, çăмахран, çутçанталăк законĕсен ĕçĕн результачĕсем, çутçанталăкăн пĕтĕм вăйĕсен ĕçĕн результачĕсем нимĕнле те сирсе яма çук пулнине, çутçанталăк вăйĕсен аркатуллă ĕçĕ пур çĕрте те тата яланах стихийлăлăн, нимĕнле те чарма çук вăйпа, çынсем улăштарма пултарайман вăйпа пулса иртнине пĕлтерет-и? Çук, пĕлтермест. Астрономири, геологири тата ытти çĕрти хăшпĕр çавăн пек процессене илес пулсан, унта çынсем, вĕсен аталанăвĕн законĕсене тĕпчесе пĕлнĕ пулин те, вĕсене мĕнле те пулин улăштарма чăнахах та вăй çитерейменççĕ, анчах ытти чухне нумай çĕрте çынсем çутçанталăкри процессене улăштарма пултарас тĕлĕшпе вăйсăр теме çук. Çавăн пек чухне яланах çынсем, çутçанталăк законĕсене тĕпчесе пĕлсе, вĕсене шута илсе тата вĕсем çине таянса, вĕсемпе пĕлсе усă курса, çав законсен ĕçĕн анлăшне пўлме, çутçанталăкăн çĕмĕрекен вăйĕсене урăх çулпа яма, çутçанталăкăн çĕмĕрекен вăйĕсене обществăшăн усăллă çĕре яма пултараççĕ.

Нумай тĕслĕхсенчен пĕрне илсе пăхар. Тахçан авал пысăк юханшывсем тулса çыранран тухса кайнине, шыв илнисене, çаксене пула пурăнмалли çурт-йĕрсемпе акнă тырпул нумай пĕтнине нимĕнле те сирсе яма çук инкек тесе шутланă, ăна хирĕç кĕрешме çынсен вăй çитмен. Анчах та вăхăт иртнĕ майăн, çынсен пĕлĕвĕсем аталанса пынă майăн, çынсем пĕвесемпе гидростанцисем туса лартма вĕренсе çитсен, шыв илнипе пулакан инкексене, ĕлĕк-авал сирсе яма май çук тесе шутланăскерсене, обществăна сиен кўресрен пăрса яма майсем пулса тăнă. Унтан та ытларах, çынсем çутçанталăкăн çĕмĕрекен вăйĕсене пăхăнтарма вĕренсе çитнĕ, вĕсене ĕçе кўлме, шыв вăйне обществăна усă тăвас ĕçе яма тата унпа уй-хирсене шăварас ĕçре, энерги туса илес ĕçре усă курма вĕренсе çитнĕ.

Çакă вăл çынсем çапла майпа çутçанталăкăн законĕсене, наука законĕсене пăрахăçа кăларнине, çутçанталăкăн çĕнĕ законĕсене, наукăн çĕнĕ законĕсене туса хунине пĕлтерет-и? Çук, пĕлтермест. Ĕç акă мĕнре: шывăн çĕмĕрекен вăйĕсен сиенлĕхне пĕтерсе лартас çак пĕтĕм ĕç тата çав вăйсемпе общество интересĕсемшĕн усă курас ĕç наука законĕсене нимĕнле майпа та пăсмасăр, вĕсене улăштармасăр е пĕтерсе хумасăр, наукăн çĕнĕ законĕсене туса йĕркелемесĕр пулса иртет. Пачах урăхла, çав пĕтĕм ĕç çутçанталăк законĕсем тăрăх, наука законĕсем тăрăх тĕп-тĕрĕс пулса пырать, мĕншĕн тесен çутçанталăк законĕсене мĕнле те пулин пăсни, вĕсене кăшт та пулин пăсни ĕç арканса каясси патне çеç, ĕç путланса ларасси патне çеç илсе пынă пулĕччĕ.

Экономика аталанăвĕн законĕсем çинчен те, политикăлла экономи законĕсем çинчен те çавнах каламалла,—çăмах капитализм тапхăрĕ çинчен е социализм тапхăрĕ çинчен пырать-и, вăл пурпĕрех. Кунта та, естествознанири пекех, экономика аталанăвĕн законĕсем объективлă законсем пулса тăраççĕ, вĕсем экономика аталанăвĕн процесĕсене, çынсен ирĕкĕнчен килмесĕр пулса иртекен процессене палăртса тăраççĕ. Çынсем çав законсене тĕпчесе тупма, вĕсене тĕпчесе пĕлме тата. вĕсем çине таянса, вĕсемпе общество интересĕсемшĕн усă курма, хăшпĕр законсен аркатуллă ĕçне урăх çулпа яма, вĕсен аркатуллă ĕçĕн анлăшне пўлме, ытти законсене, хăйсем валли çул хывакан законсене ирĕклĕх пама пултараççĕ, анчах çынсем çав законсене пĕтерсе хума е экономикăлла çĕнĕ законсем туса хума пултараймаççĕ.

Политикăлла экономии уйрăмлăхĕсенчен пĕри çакăнта пулать: унăн законĕсем, естествознани законĕсемпе танлаштарсан, ĕмĕрлĕхе пыракан законсем мар; вĕсем, вĕсенчен нумайрахăшĕсем, историри пĕр паллă тапхăр хушши вăйра тăраççĕ, ун хыççăн вĕсем çĕнĕ законсене вырăн параççĕ. Анчах та вĕсем, çав законсем, пĕтмеççĕ, экономикăлла çĕнĕ условисене пула вăйне çухатаççĕ те аяккалла сирĕлеççĕ, çĕнĕ законсене вырăн параççĕ, анчах çав çĕнĕ законсене çынсен ирĕкĕпе тумаççĕ, вĕсем экономикăлла çĕнĕ условисен никĕсĕ çинче пуçланса каяççĕ.

Энгельсăн «Анти-Дюринг» ятлă кĕнеки çине, унăн формули çине, капитализма пĕтернĕ хыççăн тата производство хатĕрĕсене пĕрлештернĕ хыççăн çынсем хăйсен производство хатĕрĕсене хăйсене кирлĕ пек тытса тăма май илеççĕ, вĕсем обществăлла-экономикăлла хутшăнусен пусмăрĕнчен ирĕке тухаççĕ, хăйсен обществăлла пурнăçĕн «хуçисем» пулса тăраççĕ теекен формули çине кăтартса параççĕ. Энгельс ку ирĕклĕхе «тĕпчесе пĕлнĕ кирлĕлĕх» тесе калать. «Тĕпчесе пĕлнĕ кирлĕлĕх» тени мĕне пĕлтерме пултарать-ха? Вăл çакна пĕлтерет: çынсем, объективлă законсене («кирлĕлĕхе») тĕпчесе пĕлсе, вĕсемпе общество интересĕсемшĕн пĕтĕмпех ăнланулăн усă курĕç. Шăпах çавăнпа ĕнтĕ Энгельс çав тĕлтех акă мĕн калать:

«Çынсем хăйсен обществăлла ĕçĕсен законĕсемпе, çутçанталăкăн халиччен çынсемшĕн ют, çынсем тĕлĕшпе пусмăрлуса тăракан, вĕсене хирĕç пыракан законĕсемпе, пĕтĕмĕшпех ĕçе пĕлсе усă курĕç, çапла вара, çав законсем çынсен ирĕкне пăхăнса тăма тытăнĕç».

Курăнать ĕнтĕ, Энгельс формули социализм вăхăтĕнче вăйра тăракан экономикăлла законсене пĕтерсе хума тата çĕнĕ законсем туса хума пулать, тесе шутлакансем майлă каламасть. Пачах урăхла, çав формула экономика законĕсене пĕтерсе хума мар, вĕсене тĕпчесе пĕлме тата вĕсемпе пултаруллăн усă курма хушать.

Экономика законĕсем стихийлăллă характерлă, çав законсене нимĕнле те сирсе яма çук, общество вĕсем умĕнче вăйсăр, теççĕ. Çакă вăл тĕрĕс мар. Ку вăл—законсене ытлашши пысăка хурса пуç тайни, харпăр хăйне законсен чуралăхне пани пулать. Çакна кăтартса панă: законсем умĕнче общество вăйсăр мар, общество, экономика законĕсене тĕпчесе пĕлсе тата вĕсем çине таянса, вĕсен ĕçĕн анлăшне пўлме пултарать, вĕсемпе общество интересĕсемшĕн усă курма тата вĕсене «ĕçе кўлме» пултарать; çутçанталăк вăйĕсене тата вĕсен законĕсене çавăн пек кўлни пур та ĕнтĕ, ку вăл пысăк юханшывсем çыранран тухса кайни çинчен çўлте илсе кăтартнă тĕслĕхрен аван курăнать.

Совет влаçĕн социализм тăвас ĕçри хăйне уйрăм ролĕ çине кăтартса параççĕ, çав роль Совет влаçне экономика аталанăвĕн вăйра тăракан законĕсене пĕтерсе хума тата çĕнĕ законсем «туса йĕркелеме» май парать иккен. Çакă та ĕнтĕ тĕрĕс мар.

Совет влаçĕн хăйне уйрăм ролĕ çак икĕ сăлтавран килет: пĕрремĕшĕнчен, Совет влаçĕн, кивĕ революцисенче пулнă пек, эксплуатацин пĕр форми вырăнне тепĕр формине туса хумалла мар, кирек мĕнле эксплуатацие те пĕтерсе хумалла пулнă; иккĕмĕшĕнчен, çĕршывра социализмла хуçалăхăн нимĕнле хатĕр никĕсĕсем те пулман пирки Совет влаçĕн «пушă вырăнта» тенĕ пекех хуçалăхăн çĕнĕ, социализмла формисене туса хумалла пулнă.

Çак задача, паллах, питех те йывăр та кăткăс задача, ун пек задачăсем халиччен пулман. Апла пулин те Совет влаçĕ çав задачăна чыслăн пурнăçларĕ. Анчах ăна вăл вăйра тăракан экономикăлла законсене пĕтерсе хунăран мар тата çĕнĕ законсем «туса йĕркеленĕрен» мар пурнăçа кĕртрĕ, вăл ăна производствăлла хутшăнусем производительнăй вăйсен характерĕпе **обязательнă килĕшсе тăмалли** çинчен калакан экономикăлла закон çине таянса пурнăçа кĕртрĕ. Пирĕн çĕршывăн производительнăй вăйĕсем, уйрăмах промышленноçра, обществăлла характерлă пулнă, харпăрлăх форми вара уйрăм харпăрлăх форми, капитализмла форма пулнă. Производствăлла хутшăнусем производительнăй вăйсен характерĕпе обязательнă килĕшсе тăмалла текен экономикăлла закон çине таянса, Совет влаçĕ производство хатĕрĕсене пĕрлештерчĕ, вĕсене пĕтĕм халăх харпăрлăхĕ туса хучĕ, çапла майпа эксплуатаци йĕркине пĕтерчĕ, хуçалăхăн социализмла формисене туса хучĕ. Çав закон пулман пулсан тата ун çине таянман пулсан, Совет влаçĕ хăйĕн задачине пурнăçа кĕртеймен пулĕччĕ.

Производствăлла хутшăнусем производительнăй вăйсен характерĕпе обязательнă килĕшсе тăмалла текен экономикăлла закон капитализмла çĕршывсенче тахçанах ĕнтĕ хăйне валли çул хывать. Вăл халлĕхе хăйне валли çул хывса ирĕке тухайман пулсан, ку вăл обществăн пĕтсе пыракан вăйĕсем çав закона хирĕç питех те вăйлăн тăнинчен килет. Кунта эпир экономика законĕсен тепĕр уйрăмлăхĕпе тĕл пулатпăр. Естествознанире çĕнĕ закона уçса палăртса унпа усă курасси хăшпĕр таран лăпкăн пулса пырать пулсан, экономикăра вара çĕнĕ закона уçса палăртса унпа усă курасси обществăн пĕтсе пыракан вăйĕсен интересĕсене пырса тивет, çавăнпа та çав вăйсем ăна хирĕç питех те хытă тăраççĕ. Çапла вара вăй, çавăн пек хирĕç тăнине çĕнтерме пултаракан обществăлла вăй кирлĕ. Çавăн пек вăй пирĕн çĕршывра тупăнчĕ, вăл вăй—обществăн нумай ытларахăшĕ пулса тăракан рабочи класпа хресченсен союзĕ пулчĕ. Çакăн пек вăй халлĕхе ытти, капитализмла çĕршывсенче çук-ха. Çакна пула Совет влаçĕ обществăн кивĕ вăйĕсене çĕмĕрсе тăкма пултарчĕ, производствăлла хутшăнусем производительнăй вăйсен характерĕпе обязательнă килĕшсе тăмалла текен экономикăлла закон вара пирĕн патра тулли ирĕклĕх илчĕ.

Пирĕн çĕршывăн халăх хуçалăхне план йĕркипе (пропорци йĕркипе) аталантарса пыма кирлĕ пулни Совет влаçне вăйра тăракан экономикăлла законсене пĕтерсе çĕнĕ законсем туса хума май парать, теççĕ. Çакă вăл пачах та тĕрĕс мар. Пирĕн çултталăклăх е пилĕк çуллăх плансене халăх хуçалăхне план йĕркипе, пропорци йĕркипе аталантармалли объективлă экономикăлла законсемпе пăтраштарма юрамасть. Халăх хуçалăхне план йĕркипе аталантармалли закон капитализм чухнехи конкуренцин тата производство анархийĕн законĕ вырăнне тухса тăчĕ. Вăл производство хатĕрĕсене пĕрлештернин никĕсĕ çинче, конкуренцин тата производство анархийĕн законĕ вăйне çухатнă хыççăн, пуçланса кайрĕ. Вăл акă мĕн пирки вăя кĕчĕ: социализмла халăх хуçалăхне план йĕркипе аталантармалли экономикăлла закон никĕсĕ çинче кăна тытса пыма пулать. Вăл çакна пĕлтерет: халăх хуçалăхне план йĕркипе аталантармалли закон пирĕн плансем тăвакан органсене обществăлла производствăна тĕрĕс планласа пыма май парать. Анчах та май пуррине чăн пуррипе пăтраштарма юрамасть. Вĕсем—пачах уйрăм япаласем. Май пуррине чăн пурри туса хурас тесен, çав экономикăлла закона тĕпчесе вĕренес пулать, ăна вĕренсе алла илес пулать, унпа ĕçе тĕплĕн пĕлсе усă курма вĕренес пулать, çав закон хушнисене пĕтĕмĕшпех палăртса тăракан плансем туса пырас пулать. Пирĕн çултталăклăх тата пилĕк çуллăх плансем çав экономикăлла закон хушнисене пĕтĕмĕшпех палăртса тăраççĕ тесе калама çук-ха.

Экономикăлла хăшпĕр законсем, çав шутрах хаклăх законĕ те, пирĕн патра социализм вăхăтĕнче вăйра тăракан законсем, планлă хуçалăх никĕсĕ çинче «урăхлатса çĕнетнĕ» е тата «тĕпренех урăхлатса çĕнетнĕ» законсем пулса тăраççĕ, тесе калаççĕ. Çапла калани те тĕрĕс мар. Законсене «урăхлатса çĕнетме», çитменнине тата «тĕпренех урăхлатса çĕнетме» çук. Вĕсене урăхлатса çĕнетме пулать пулсан, вĕсене пĕтерсе хума та ытти законсемпе улăштарма та пулнă пулĕччĕ. Законсене «урăхлатса çĕнетни» çинчен калакан тезис законсене «пĕтерсе хуни» тата «çĕнĕрен туса йĕркелени» çинчен калакан тĕрĕс мар формулăн юлашкийĕ пулса тăрать. Экономика законĕсене урăхлатса çĕнетни çинчен калакан формула пирĕн патра тахçанах ĕнтĕ йăлана кĕнĕ пулин те, тĕрĕслĕх пултăр тесе, ăна сирсе пăрахма тивет. Ку е вăл экономикăлла законсен ĕçĕсен анлăшне пўлме пулать, вĕсен аркатуллă ĕçĕсене, паллах, вĕсем пур пулсан, сирсе яма пулать,—анчах законсене «урăхлатса çĕнетме» е «пĕтерсе хума» çук.

Çапла вара, çутçанталăк вăйĕсене е экономикăлла вăйсене «парăнтарни», вĕсем тĕлĕшпе «пуçпулса тăни» тата ытти çинчен калаççĕ пулсан, кунпа вара çынсем наука законĕсене «пĕтерсе хума» е вĕсене «çĕнĕрен туса йĕркелеме» пултараççĕ тесе пачах та каласшăн мар. Пачах та урăхла, ун пек каласа çакна çеç кăтартса парасшăн: çынсем законсене тĕпчесе тупма, вĕсене тĕпчесе пĕлме, вĕсене алла илме, вĕсемпе ĕçе тĕплĕн пĕлсе усă курмашкăн вĕренсе çитме, вĕсемпе общество интересĕсемшĕн усă курма тата çапла майпа вĕсене парăнтарма, вĕсем тĕлĕшпе пуçпулса тăма пултараççĕ.

Çапла ĕнтĕ, социализм вăхăтĕнчи политикăлла экономи законĕсем объективлă законсем пулса тăраççĕ, вĕсем экономикăлла пурнăçăн пирĕн ирĕкрен килмесĕр пулса пыракан процесĕсен закономерноçне палăртса тăраççĕ. Çак положение хирĕç тăракан çынсем, чăннипе илсен, наукăна хирĕç тăраççĕ, наукăна хирĕç тăрса вара пуласлăха малтанах витĕр курса тăма май пуррине хирĕç тăраççĕ,—çапла ĕнтĕ, экономикăлла пурнăçа ертсе пыма май пуррине хирĕç тăраççĕ.

Çакăн пек калама пултараççĕ: кунта каланисем пурте тĕрĕс, вĕсене пурте пĕлеççĕ, анчах вĕсенче çĕнни нимех те çук тата, апла пулсан, пуриншĕн те паллă чăнлăхсене тепĕр хут каласа вăхăта сая яма та кирлĕ мар, теме пултараççĕ. Паллах, кунта чăнах та çĕнни нимех те çук, анчах та пирĕншĕн паллă хăшпĕр чăнлăхсене тепĕр хут каласа вăхăта сая яма та кирлĕ мар тесе шутлани тĕрĕс мар пулнă пулĕччĕ. Ĕç акă мĕнре: пирĕн пата, ертсе пыракан тĕп йыш патне, кашни çулах çĕнĕ те çамрăк кадрсем килсе хутшăнаççĕ, вĕсем пире пулăшас кăмăлпа çунаççĕ, хăйсене ĕçре кăтартас кăмăлпа çунаççĕ, анчах та вĕсен марксистла пĕлўлĕх çителĕксĕр, вĕсем эпир лайăх пĕлекен чăнлăхсене чылайăшне пĕлмеççĕ, çавăнпа вĕсен ирĕксĕрех тĕттĕмлĕхре çĕтсе çўреме тивет. Вĕсем Совет влаçĕн питех те пысăк çитĕнĕвĕсене курса тĕлĕнеççĕ, вĕсен пуçне совет стройĕн калама çук пысăк ўсĕмĕсем çаврăнаççĕ, çавăнпа вĕсем: Совет влаçĕ «тем те тума пултарать», Совет влаçĕшĕн «пурте нимĕн те мар», вăл наука законĕсене пĕтерсе хума та, çĕнĕ законсем туса йĕркелеме те пултарать, тесе шутлама тытăнаççĕ. Мĕн тумалла-ха пирĕн çав юлташсемпе? Мĕнле майпа вĕсене марксизм-ленинизм шухăшĕ майлă вĕрентсе воспитани памалла? «Пуриншĕн те паллă» чăнлăхсем текен чăнлăхсене тăтăшах аса илтерсе тăни, çав чăнлăхсем çинчен чăтăмлăн ăнлантарса пани вăл юлташсене марксизмла воспитани памалли чи лайăх майсенчен пĕри пулса тăрать, тесе шутлатăп эпĕ.

### 2. Социализм вăхăтĕнчи таварлă производство çинчен тăракан ыйту.

Хамăр çĕршывра влаçа илнĕ тата производство хатĕрĕсене национализациленĕ хыççăн таварлă производствăна сыхласа хăварса парти тĕрĕс мар тунă, теççĕ хăшпĕр юлташсем. Партин çавăн чухнех ĕнтĕ таварлă производствăна сирсе пăрахмалла пулнă, тесе шутлаççĕ вĕсем. Çакăн чухне вĕсем Энгельс сăмахĕсене илсе кăтартаççĕ. Энгельс çапла каланă:

«Общество производство хатĕрĕсене хăйĕн аллине илет пулсан, вара таварлă производствăна сирсе пăрахĕç, çавăнпа пĕрлех тата производительсене продуктсем пăхăнтарса тăрассине те пĕтерĕç» («Анти-Дюринг» кĕнекене пăхăр).

Çак юлташсем питех те пысăк йăнăш тăваççĕ.

Энгельс формулине тĕпчесе тухар. Энгельс формулине пĕтĕмĕшпех уçăмлă та тĕрĕс тесе шутлама юрамасть, мĕншĕн тесен вăл формулăра производствăн **мĕнпур** хатĕрĕсене-и е производство хатĕрĕсен пĕр пайне кăна-и общество аллине илнине кăтартса пани çук, урăхла каласан, производствăн **мĕнпур** хатĕрĕсене-и е производство хатĕрĕсен пĕр пайне кăна-и пĕтĕм халăх пурлăхĕ туса хунине кăтартса пани çук. Апла пулсан, Энгельсăн **çак** формулине кун пек те, ун пек те ăнланма пулать.

«Анти-Дюрингăн» тепĕр вырăнĕнче Энгельс «производствăн **мĕнпур** хатĕрĕсене» тытса тăни çинчен, «производство хатĕрĕсене **пĕтĕмĕшпех**» тытса тăни çинчен калать. Апла пулсан, Энгельс хăйĕн формулинче производствăн пĕр пайне мар, производствăн мĕнпур хатĕрĕсене национализацилениие, урăхла каласан, производство хатĕрĕсене промышленноçра кăна мар, тата ялхуçалăхĕнче те пĕтĕм халăх пурлăхĕ туса хунине асра тытать.

Çакăнтан акă мĕн курăнать: Энгельс çĕршыври производствăн **мĕнпур** хатĕрĕсене туртса илмешкĕн тата вĕсене обществăлла харпăрлăх тумашкăн капитализмпа производство концентрацийĕ промышленноçра кăна мар, тата ялхуçалăхĕнче те çителĕклĕ аталаннă çĕршывсене асра тытать. Энгельс, çапла вара, **ун пек** çĕршывсенче производствăн **мĕнпур** хатĕрĕсене пĕрлештернипе пĕрлех таварлă производствăна та сирсе пăрахмалла, тесе шутлать. Ку ĕнтĕ; паллах, тĕрĕс.

Иртнĕ ĕмĕр вĕçĕнче, «Анти-Дюринг» пичетленсе тухнă вăхăтра, çавăн пек çĕршыв пĕрре кăна—Англи кăна пулнă; унта капитализм аталанăвĕн тата производство концентрацийĕ промышленноçра та, ялхуçалăхĕнче те питех те çўлĕ шайра тăнă, çавăнпа та пролетариат влаçа хăйĕн аллине илес пулсан, çĕршывра производствăн **мĕнпур** хатĕрĕсене общество пурлăхĕ туса хума тата таварлă производствăна пурнăçран сирсе пăрахма май пулнă.

Англин халăх хуçалăхĕнче пысăк вырăн йышăнса тăнă тулашри суту-илў Англишĕн мĕнле пĕлтерĕшлĕ пулни çинчен калакан ыйтăва кунта эпĕ шута илместĕп. Эпĕ çапла шухăшлатăп: çак ыйтăва тĕпчесе пĕлсен кăна Англире пролетариат влаçа илнĕ тата производствăн **мĕнпур** хатĕрĕсене национализациленĕ хыççăн таварлă производствăн кун-çулĕ мĕнле пулассине çинчен тăракан ыйтăва пĕтĕмĕшпех татса пама пулнă пулĕччĕ.

Сăмах май каласан, ялхуçалăхĕнче капитализм аталанăвĕн тата производство концентрацийĕн шайĕ иртнĕ ĕмĕр вĕçĕнче кăна мар, хальхи вăхăтра та Англири виçене пĕр çĕршывра та çитмен. Ытти çĕршывсене илес пулсан, унта, капитализм ялта аталаннă пулин те, çаплах ялти вак тата вăтам харпăрлăх хуçисен производительсен нумай йышлă класĕ пур-ха, пролетариат влаçа илес пулсан, çав класăн кун-çулне палăртма кирлĕ пулнă пулĕччĕ.

Анчах акă мĕнле ыйту тухса тăрать: пĕр-пĕр çĕршывра, çав шутра пирĕн çĕршывра та, влаçа пролетариат илме тата капитализма сирпĕтсе антарма юрăхлă условисем пур пулсан, унти промышленноçра капитализм производство хатĕрĕсене питех те вăйлă концентрациленĕ пирки вĕсене туртса илсе общество аллине пама пулать пулсан, анчах капитализм ўснĕ пулин те, ялхуçалăхĕ çаплах ĕнтĕ нумай йышлă вак тата вăтам харпăрлăх хуçисем-производительсем хушшинче хытă пайланса тăнă пирки çав производительсен производство хатĕрĕсене туртса илесси çинчен ыйту лартма çук пулсан, — пролетариатпа унăн партийĕн мĕн тумалла-ха?

Çак ыйту çине Энгельс формули ответ памасть. Тĕрĕссипе каласан, ку ыйту çине вăл ответ памалла та мар, мĕншĕн тесен Энгельс формули урăх ыйту пирки, шăпах—производствăн **мĕнпур** хатĕрĕсене пĕрлештернĕ хыççăн таварлă производство кун-çулĕ мĕнле пуласси çинчен тăракан ыйту пирки калать.

Çапла ĕнтĕ, производство хатĕрĕсене **пурне те мар**, пĕр пайне çеç пĕрлештернĕ пулсан, влаçа пролетариат аллине илме юрăхлă условисем пулса тăнă пулсан,—мĕн тумалла-ха пролетариатăн влаçа илмелле-и тата таварлă производствăна çакăн хыççăнах пĕтермелле-и?

Хăшпĕр пули-пулми марксистсем çапла шутлаççĕ; ун пек условисенче влаçа илме кирлĕ мар, ăна илме миллионшар вак тата вăтам производительсене капитализм чухăна кăларса батраксем туса хума тата ялхуçалăхĕнче производство хатĕрĕсене концентрациле ме ĕлкĕриччен тăхтамалла, çакăн хыççăн кăна пролетариат влаçа илесси çинчен тата производствăн **мĕнпур** хатĕрĕсене пĕрлештересси çинчен ыйту лартмалла, теççĕ. Паллах, çакăн пек каланине ответ вырăнне шутлама çук. Анланмалла ĕнтĕ, марксистсем, хăйсене пĕтĕмпех намăслантарма шутламаççĕ пулсан, çак «çул» çине тăма пултараймаççĕ.

Тепĕр йышши пули-пулми марксистсем çапла шутлаççĕ: тен, влаçа илсе, ялти вак тата вăтам производительсен производство хатĕрĕсене туртса илме, вĕсен производство хатĕрĕсене пĕрлештерме юранă та пулĕччĕ, теççĕ. Кун пек каланине те ответ вырăнне шутлама çук. Марксистсем çак тăрлавсăр та киревсĕр çул çине те тăма пултараймаççĕ, мĕншĕн тесен çавнашкал çул пролетарилле революци çĕнтермелли пур майсене те пĕтерсе ларнă пулĕччĕ, хресченсене нумай вăхăтлăха пролетариат тăшманĕсен лагерьне тĕртсе янă пулĕччĕ.

Çак ыйту çине Ленин хăйĕн «продналог» çинчен çырнă произведенийĕсенче тата хăйĕн чаплă «кооператив планĕнче» ответ панă.

Ленин отвечĕ, кĕскен каласан, çакăн пек:

а) влаçа алла илме юрăхлă условисемпе усă курмасăр юлмалла мар, нумай миллионлă вак тата вăтам уйрăм производительсене капитализм чухăна кăларас вăхăта кĕтсе тăмасăрах пролетариатăн влаçа илмелле;

б) промышленноçри производство хатĕрĕсене туртса илмелле тата вĕсене пĕтĕм халăх пурлăхĕ туса хумалла;

в) вак тата вăтам уйрăм производительсене илес пулсан, вĕсене майĕпен производство кооперативĕсене, урăхла каласан, ялхуçалăхĕн шултра предприятийĕсене, колхозсене пĕрлештермелле;

г) индустрие пур майсемпе те аталантармалла, колхозсене шултра производствăн кучухнехи техникăлла никĕсне туса памалла, вĕсен производство хатĕрĕсене туртса илмелле мар, пачах урăхла, вĕсене чи лайăх тракторсемпе ытти машинăсем нумай парса тăмалла;

д) хулапа ял хушшинче, промышленноçпа ялхуçалăх хушшинче экономикăлла çыхăну тытма вара пĕр паллă вăхăтлăха таварлă производствăна (сутни-илни урлă улăштарасси), экономика енчен хулапа çыхăнса тăма хресченсемшĕн **пĕртен-пĕр юрăхлă** форма пулса тăраканскере, сыхласа хăвармалла, советла суту-илĕве, государство суту-илĕвне тата кооперацине колхоз суту-илĕвне пур майсемпе те сарса пымалла, тавар çаврăнăшĕнчен пур йышши капиталистсене те хĕссе кăлармалла.

Аталанăвăн çак çулĕ, Ленин палăртса панă çул, пĕтĕмĕшпех тĕрĕс пулнине пирĕн социализм строительстви историйĕ кăтартса парать.

Çакăн пирки иккĕленў пулма пултараймасть: аталанăвăн çав çулĕ капитализмла пур çĕршывсемшĕн те, вĕсенче вак тата вăтам производительсен хăшпĕр таран нумай йышлă класĕ пур пулсан, социализм çĕнтермелли пĕртен-пĕр пулма пултаракан тата юрăхлă çул пулса тăрать.

(Малалли 3-мĕш страницăра).

И. СТАЛИН

# ССР Союзӗнчи социализмӑн экономикӑлла проблемисем

(Малалли. Пуҫламӑшӗ 2-мӗш страницӑра).

Таварлӑ производство ҫапах та, пур условисенче те, капитализм патне илсе пымалла тата пурпӗрех илсе пырать те, тессӗ. Кун пек калани тӗрӗс мар. Яланах мар илсе пырать тата пур условисенче те мар! Таварлӑ производство капитализмла производствӑпа пӗр пек тесе шутламалла мар. Ҫаксем—пачах урӑх япаласем. Капитализмла производство таварлӑ производствӑн чи ҫӳлти формиӗ пулса тӑрать. Таварлӑ производство капитализм патне ҫакӑн чухне ҫеҫ илсе пырать: производство хатӗрӗсем тӗлӗшпе уйрӑм харпӑрлӑх пур пулсан, ӗҫ вӑйӗ рынока тавар пулса тухать пулсан, ӑна капиталист сутӑн илме тата производство процесӗнче эксплуатацилеме пултарать пулсан, ҫапла вара, ҫӗршывра тара тытнипе ӗҫлекен рабочисене капиталистсем эксплуатацилесе тӑракан йӗрке пулсан ҫеҫ илсе пырать. Капитализмла производство вӑл производство хатӗрӗсем уйрӑм ҫынсен аллинче тӑнӑ ҫӗрте, производство хатӗрӗсемсӗр тӑрса юлнӑ рабочисем вара хӑйсен ӗҫ вӑйне тавар пулса тӑракан ӗҫ вӑйне сутмасӑр пурӑнайман ҫӗрте пуҫланса каять. Ҫакӑнсӑр капитализмла производство пулма пултараймасть.

Анчах, таварлӑ производствӑна капитализмла производство туса яракан ҫав условисем ҫук пулсан, производство хатӗрӗсем ӗнтӗ уйрӑм харпӑрлӑх мар, социализмла харпӑрлӑх пулса тӑраҫҫӗ пулсан, тара тытса ӗҫлеттерес йӗрке ҫук пулсан тата ӗҫ вӑйӗ текех ӗнтӗ тавар пулса тӑмасть пулсан, эксплуатаци йӗркине тахҫанах пӗтернӗ пулсан,—мӗн тумалла-ха: таварлӑ производство ҫапах та капитализм патне илсе пырать тесе шутлама пулать-и? Ҫук, ун пек шутлама пулмасть. Пирӗн общество вара шӑпах ҫавӑн пек общество пулса тӑрать: унта производство хатӗрӗсем тӗлӗшпе уйрӑм харпӑрлӑх, тара тытса ӗҫлеттерес йӗрке, эксплуатаци йӗрки тахҫанах ӗнтӗ ҫук.

Таварлӑ производствӑна таврари экономикӑлла условисенчен килмен, хӑй халлӗн тытӑнса тӑракан производство вырӑнне хурса пӑхмалла мар. Таварлӑ производство капитализмла производствӑран малтанрах пулнӑ. Вӑл чуралӑх строй вӑхӑтӗнчех пулнӑ, уншӑн ӗҫлесе тӑнӑ, анчах капитализм патне илсе ҫитермен. Вӑл феодализм вӑхӑтӗнче те пулнӑ, уншӑн ӗҫлесе тӑнӑ, анчах вӑл, капитализмла производство валли хӑшпӗр условисем хатӗрленӗ пулин те, капитализм патне илсе ҫитермен. Ҫакӑн пек ыйту тухса тӑрать: пирӗн патра таварлӑ производство капитализм условийӗсенчи пек йӗркесӗр те анлӑн сарӑлса кайман пулсан, пирӗн патра ӑна экономикӑлла тӗп условисем—производство хатӗрӗсене обществӑлла харпӑрлӑх туса хуни, тара тытса ӗҫлеттерес йӗркене, эксплуатаци йӗркине пӗтерни—хытӑ пӳлсе тӑраҫҫӗ пулсан, мӗншӗн таварлӑ производство паллӑ тапхӑр хушши, капитализм патне илсе пымасӑр, социализмла обществӑшӑн ӗҫлесе тӑма пултараймасть?

Пирӗн ҫӗршывра производство хатӗрӗсем тӗлӗшпе обществӑлла харпӑрлӑх пуҫпулса тӑмалла тунӑ хыҫҫӑн, тара тытса ӗҫлеттерес тата эксплуатацилес йӗркене пӗтернӗ хыҫҫӑн таварлӑ производство хӑйӗн пӗлтерӗшне ҫухатрӗ, ҫавӑнпа та вӑл производствӑна сирсе пӑрахни вырӑнлӑ пулӗччӗ, тессӗ.

Кун пек калани те тӗрӗс мар. Хальхи вӑхӑтра пирӗн патра социализмла производствӑн икӗ тӗп форми пур: государствӑлла форма—пӗтӗм халӑх производствин форми, тата колхозла форма, ӑна пӗтӗм халӑх производствин форми тесе шутлама ҫук. Государство предприятийӗсенче производство хатӗрӗсем тата производство туса кӑларнӑ продукци пӗтӗм халӑх харпӑрлӑхӗ пулса тӑраҫҫӗ. Колхозла предприятисенче вара, производство хатӗрӗсем (ҫӗр, машинӑсем) государство аллинче тӑраҫҫӗ пулин те, производство туса кӑларакан продукци уйрӑм колхозсен харпӑрлӑхӗ пулса тӑрать, мӗншӗн тесен колхозсенчи ӗҫлев—хӑйсен ӗҫлевӗ, ҫавӑн пекех вӑрлӑхсем те хӑйсен; колхозсене ӗмӗрлӗхех усӑ курма панӑ ҫӗрпе вара, ӑна вӗсем сутма, сутӑн илме, тара пама е саклата хывма пултараймаҫҫӗ пулин те, чӑннипе илсен, колхозсем хӑйсен харпӑрлӑхӗ пек усӑ кураҫҫӗ.

Ҫакӑ вӑл акӑ мӗн патне илсе пырать: государство пирӗн патра государство предприятийӗсен продукцийӗпе ҫеҫ хӑйне кирлӗ пек усӑ курма пултарать, колхозсен продукцийӗпе вара, вӑл вӗсен харпӑрлӑхӗ пулнӑ пирки, колхозсем ҫеҫ хӑйсене кирлӗ пек усӑ кураҫҫӗ. Анчах колхозсем хӑйсен продукцийӗсене таварсем вырӑнне хурса кӑна сутасшӑн, вӗсемпе улӑштарса хӑйсене кирлӗ таварсем илесшӗн. Колхозсем хулапа ҫыхӑнма тӑрас ҫӗре тавар сутса ҫыхӑнниннисӗр пуҫне, сутӑн-илнипе ҫыхӑнниннисӗр пуҫне урӑх йышши экономикӑлла ҫыхӑнусене хальхи вӑхӑтра йышӑнмаҫҫӗ. Ҫавӑнпа та пирӗн патра хальхи вӑхӑтра таварлӑ производство та тавар ҫаврӑнӑшӗ вӑтӑр ҫул ӗлӗкрех пулнӑ пекех, калӑпӑр, Ленин тавар ҫаврӑнӑшне пур майсемпе те сарса пыма кирли ҫинчен каланӑ вӑхӑтри пекех кирлӗ пулса тӑраҫҫӗ.

Паллах, производствӑн икӗ тӗп секторӗ вырӑнне, государство секторӗпе колхоз секторӗ вырӑнне, пурне те пӗрлештерсе тӑракан пӗр сектор, ҫӗршывра туса кӑларакан куллен кирлӗ пӗтӗм продукцие хӑйне кирлӗ пек тытса тӑракан сектор пулса тӑрсан, тавар сутса илесси, хӑйӗн «укҫа хуҫалӑхӗпе» пӗрле, халӑх хуҫалӑхӗн кирлӗ мар элеменчӗ пулса, пӗтсе ларӗ. Анчах ун пекки ҫук чухне, производствӑн икӗ секторӗ пур чухне таварлӑ производствӑпа тавар сутса илесси вӑйра юлмалла, вӗсем пирӗн халӑх хуҫалӑхӗн системинче питех те усӑллӑ тата кирлӗ элемент пулса тӑраҫҫӗ. Производствӑн пӗр ҫӗре пӗрлешнӗ секторӗ мӗнле майпа пулса тӑрӗ: государство секторӗ колхоз секторне хӑйӗпе пӗрлештерсе яни урлӑ-и—ку ҫавӑн пек пулӗ теме хӗн (мӗншӗн тесен ӑна колхозсен пурлӑхне туртса илни тесе ӑнланнӑ пулӗччӗҫ), е пӗтӗм халӑхӑн пӗрлӗхлӗ хуҫалӑх органне—малтанхи вӑхӑтра ҫӗршывӑн куллен кирлӗ пӗтӗм продукцие учета илме, пурӑнаҫлӑхне—продуктпа продукт улӑштарас йӗрке тӑрӑх продукци валеҫнине те учета илме право панӑ органне (унта государство промышленноҫӗн тата колхозсен представителӗсене кӗртсе) организацилени урлӑ-и пулса тӑрӗ,—ку вӑл урӑх ыйту, ӑна уйрӑммӑн сӳтсе явмалла.

Ҫапла вара, пирӗн таварлӑ производство ахаль йышши таварлӑ производство мар, вӑл уйрӑм йышши таварлӑ производство, капиталистсемсӗр таварлӑ производство пулса тӑрать: унӑн ӗҫӗ, тӗпрен илсен, пӗрлешнӗ социализмла производительсен (государство, колхозсем, коопераци) таварӗсемпе ҫыхӑнса тӑрать, вӑл харпӑр хӑйне куллен кирлӗ япаласем ҫеҫ туса тӑрать; ҫак таварлӑ производство, паллах ӗнтӗ, нимӗнле те капитализмла производствӑна аталанса куҫма пултараймасть, унӑн хӑйӗн «укҫа хуҫалӑхӗпе» пӗрле социализмла производствӑна аталантарса ҫирӗплетес ӗҫе пулӑшса тӑма тивет.

Хӑшпӗр юлташсем ҫапла калаҫҫӗ: социализмла общество производствӑн таварлӑ формисене пӗтермест пулсан, пирӗн патра экономикӑн капитализм чухнехи категорийӗсем пурте вӑйра пулмалла, сӑмахран: тавар пулса тӑракан ӗҫ вӑйӗ, хушӑнакан хаклӑх, капитал, капитал ҫумне хутшӑнакан услам, усламӑн вӑтам норми тата ытти те пулмалла, теҫҫӗ. Ҫак юлташсен шухӑшӗ тӗрӗс мар. Вӗсем таварлӑ производствӑна капитализмла производствӑпа пӑтраштараҫҫӗ тата таварлӑ производство пур пулсан, капитализмла производство та пулмалла, тесе шутлаҫҫӗ. Пирӗн таварлӑ производство капитализм вӑхӑтӗнчи таварлӑ производствӑран тӗпренех уйрӑлса тӑнине вӗсем ӑнланмаҫҫӗ.

Унтан та ытларах, Маркс «Капиталӗнчен» илсе пирӗн социализмла хутшӑнусем ҫине вырӑнсӑр саракан ытти хӑшпӗр ӑнланусене те пӑрахмалла, тесе шухӑшлатӑп эпӗ, мӗншӗн тесен «Капиталта» Маркс капитализма тӗпчесе вӗреннӗ. Сӑмах май каласан, эпӗ ҫакӑн пек ӑнланусене асра тытатӑп: «кирлӗ» ӗҫлев тата «хушӑнакан» ӗҫлев, «кирлӗ» продукт тата «хушӑнакан» продукт, «кирлӗ» вӑхӑт тата «хушӑнакан» вӑхӑт. Рабочи класа эксплуатацилемелли тӗп мехлете—хушӑнакан хаклӑха—тӗпчесе пӗлсе, капитализма сирпӗтсе антарма рабочи класа, производство хатӗрӗсемсӗр тӑрса юлнӑскере, ӑс-хакӑл тӗлӗшӗнчен хӗҫпӑшаллантарас тесе, Маркс капитализма тӗпчесе вӗреннӗ. Паллах ӗнтӗ, Маркс кунта капитализмла хутшӑнусемпе пӗтӗмӗшпех килӗшсе тӑракан ӑнланусемпе (категорисемпе) усӑ курать. Анчах халӗ рабочи класс влаҫсӑр мар, производство хатӗрӗсемсӗр мар, пачах урӑхла, вӑл влаҫа тата производство хатӗрӗсене хӑй аллинче тытса тӑрать, ҫавӑнпа та халӗ ҫав ӑнланусемпе усӑ курни питех те тӗлӗнмелле пулса тӑрать. Ӗҫ вӑйне тавар пек сутни ҫинчен тата рабочисене «тара тытасси» ҫинчен калакан сӑмахсем халӗ, пирӗн строй вӑхӑтӗнче, ытла та айванла сӑмахсем пек илтӗнеҫҫӗ: производство хатӗрӗсене тытса тӑракан рабочи класс хӑйне хӑй тара тытать иккен тата вӑл хӑйӗн ӗҫ вӑйне хӑйне сутать иккен. «Кирлӗ» ӗҫлев тата «хушӑнакан» ӗҫлев тесе калани те халӗ тӗлӗнтерет: рабочисем производствӑна сарса аталантарма, вӗрентӳ ӗҫӗпе сывлӑха сыхлас ӗҫе аталантарма, оборона ӗҫне организацилеме тата ытти тӗлӗшпе обществӑна панӑ ӗҫлев пирӗн условисенче рабочи класшӑн, халӗ влаҫра тӑраканскершӗн, рабочи хӑйӗн тата хӑйӗн ҫемйин пурнӑҫ ыйтӑвӗсене тивӗҫтерес ҫӗре янӑ ӗҫлев кирлӗ пулнӑ пекех кирлӗ мар иккен.

Ҫакна палӑртма пулать: Маркс хӑйӗн «Готски программӑна критиклени» ятлӑ произведенийӗнче (кунта ӗнтӗ вӑл капитализма мар, сӑмах майӑн коммунизмла обществӑн пӗрремӗш сыпӑкне тӗпчет) рабочи производствӑна сарса аталантарма, вӗрентӳ ӗҫне, сывлӑха сыхлас ӗҫе, управлени расхочӗсене витме, резервсем тума тата ытти валли обществӑна панӑ ӗҫлеве рабочи класӑн кулленхи ыйтӑвӗсене тивӗҫтерме кирлӗ ӗҫлев пекех кирлӗ тесе шутлать.

Эпӗ ҫакӑн пек шутлатӑп: пирӗн экономистсен ҫав кивӗ ӑнланусемпе пирӗн социализмла ҫӗршыври япаласен ҫӗнӗ лару-тӑрӑвӗ хушшинчи килӗшменлӗхе пӗтермелле, кивӗ ӑнланусене ҫӗнӗ лару-тӑрупа килӗшсе тӑракан ҫӗнӗ ӑнланусемпе улӑштармалла.

Эпир ҫав килӗшменлӗхе паллӑ вӑхӑтчен чӑтса пурӑнма пултарнӑ, анчах халӗ, юлашкинчен, ҫав килӗшменлӗхе пирӗн пӗтерме вӑхӑт ҫитрӗ ӗнтӗ.

келеме, ҫӗр мамӑк тӑвакансене сутакан тӗштырӑ хакне тӗрӗсрех тума тата государствӑна паракан ҫӗр мамӑк хакне хӑпартма йышӑннӑччӗ. Ҫакна май пирӗн хозяйственниксемпе плановиксем сӗнӳ тӑратрӗҫ, вӑл сӗнӳ ЦК членӗсене тӗлӗнтерчӗ, мӗншӗн тесен ҫав сӗнӳ тӑрӑх пӗр тонна тӗштырӑ хакне пӗр тонна ҫӗр мамӑк хакӗ майлах тума хушнӑ, ҫав вӑхӑтрах тата пӗр тонна тӗштырӑн хакне пӗр тонна пӗҫернӗ ҫӑкӑр хакӗпе танлаштарнӑ. Тыррине авӑртма тата ҫӑкӑрне пӗҫерме тухнӑ тӑкаксем пирки пӗр тонна пӗҫернӗ ҫӑкӑрӑн хакӗ пӗр тонна тырӑ хакӗнчен пысӑкрах пулмалла, пӗтӗмӗшпе илсен, ҫӗр мамӑк тӗштырӑран нумай хаклӑрах тӑрать, ҫакна тӗштырӑпа ҫӗр мамӑкӗн тӗнчери хакӗсем те кӑтартса параҫҫӗ, тесе ЦК членӗсем асӑрхаттарсан, ҫав сӗнӗвӗн авторӗсем нимех те уҫҫӑн калама пултараймарӗҫ. Ҫакна пула Центральнӑй Комитетӑн ку ӗҫе хӑйӗн аллине илмелле пулчӗ, тӗштырӑ хакне йӳнетмелле тата ҫӗр мамӑк хакне хӑпартмалла пулчӗ. Ҫав юлташсен сӗнӗвӗ закон вӑйне илнӗ пулсан, мӗн пулнӑ пулӗччӗ-ха? Эпир ҫӗр мамӑк тӑвакансене юхӑнтарса янӑ пулаттӑмӑр, ҫӗр мамӑксӗр тӑрса юлнӑ пулаттӑмӑр.

Анчах ҫаксем хаклӑх законӗ пирӗн патра, капитализм вӑхӑтӗнчи пекех, анлӑ вырӑн йышӑннине, хаклӑх законӗ пирӗн патра производство регуляторӗ пулса тӑнине пӗлтереҫҫӗ-и? Ҫук, пӗлтермеҫҫӗ. Чӑннипе илсен, пирӗн экономикӑлла строй вӑхӑтӗнче хаклӑх законӗн ӗҫӗсен анлӑшне хытӑ пӳлнӗ тата ӑна виҫене лартнӑ. Пирӗн строй вӑхӑтӗнче таварлӑ производство ӗҫӗн анлӑшне пӳлнӗ тата виҫене лартнӑ тесе каланӑччӗ ӗнтӗ. Хаклӑх законӗн ӗҫӗсен анлӑшӗ ҫинчен те ҫавнах калас пулать. Иккӗленмелли ҫук, производство хатӗрӗсем уйрӑм харпӑрлӑх пулманни тата производство хатӗрӗсене хулара та, ялта та пӗрлештерни хаклӑх законӗн ӗҫӗсен анлӑшне тата вӑл производство ҫине саракан вӑй пысӑкӑшне пӳлмесӗр тӑма пултараймасть.

Халӑх хуҫалӑхне план йӗркипе (пропорци йӗркипе) аталантармалли закон та ҫавӑн пекех ӗҫлесе тӑрать, ку закон конкуренцин тата производство анархийӗн законне пӗтернине пула вӑя кӗнӗ.

Халӑх хуҫалӑхне план йӗркипе аталантармалли закон хушнисене тӗпе хуракан пирӗн ҫулталӑклӑх тата пилӗк ҫуллӑх плансем тата пирӗн хуҫалӑхӑн пӗтӗм политики те ҫавӑн пекех ӗҫлесе тӑраҫҫӗ.

Ҫаксем пурте пӗрле акӑ мӗн патне илсе пыраҫҫӗ: пирӗн патра хаклӑх законӗн ӗҫӗн анлӑшне хытӑ пӳлнӗ, хаклӑх законӗ пирӗн строй вӑхӑтӗнче производство регуляторӗ пулса тӑма пултараймасть.

Ку ӗнтӗ ҫак «тӗлӗнтерекен» факта ӑнлантарса парать те: пирӗн социализмла хуҫалӑх пӗр чарӑнмасӑр хӑвӑтлӑн аталанса пырать пулин те, хаклӑх законӗ пирӗн патра перепроизводство кризисӗсем патне илсе пымасть, ҫав хаклӑх законех, капитализм вӑхӑтӗнче пысӑк вырӑн йышӑнса тӑраканскер, капитализмла ҫӗршывсенчи производство пӗчӗк хӑвӑртлӑхсемпе ӳссе пырать пулин те,—вӑхӑтран вӑхӑта пулакан перепроизводство кризисӗсем патне илсе пырать.

Хаклӑх законӗ яланах вӑйра тӑракан, истори аталанӑвӗн пур тапхӑрӗсемшӗн те пурпӗрех юрӑхлӑ закон пулса тӑрать, теҫҫӗ, вӑл коммунизмла обществӑн иккӗмӗш сыпӑкӗн тапхӑрӗнче улӑшу хутшӑнӑвӗсен регуляторӗ пулма пӑрахать пулсан та, вӑл аталанӑвӑн ҫав сыпӑкӗнче, производствӑн тӗрлӗ отраслӗсем хушшинчи ҫыхӑнусен регуляторӗ, производство отраслӗсем хушшинче ӗҫлеве валеҫсе тӑракан регулятор пулса, хӑйӗн вӑйне сыхласа хӑварать, теҫҫӗ.

Ҫапла калани пачах та тӗрӗс мар. Хаклӑх вӑл, хаклӑх законӗ пекех, историллӗ категори пулса тӑрать, вӑл таварлӑ производство пуррипе ҫыхӑнса тӑрать. Таварлӑ производство пӗтсен, хаклӑх та хӑйӗн формисемпе пӗтет, хаклӑх законӗ те пӗтет.

Коммунизмла обществӑн иккӗмӗш сыпӑкӗнче продуктсем тунӑ ҫӗре кайнӑ ӗҫлев хисепне таварлӑ производство вӑхӑтӗнче висӗнӗ пек аякри майпа виҫмӗҫ, хаклӑхпа тата унӑн формисемпе виҫмӗҫ, ӑна тӳрех—продуктсем тунӑ ҫӗре кайнӑ вӑхӑт хисепӗпе, сехет хисепӗпе виҫӗҫ. Ӗҫлеве валеҫсе тӑрассине илес пулсан вара, производство отраслӗсем хушшинче ӗҫлеве валеҫсе тӑрассине хаклӑх законӗ йӗркелесе тӑмӗ, мӗншӗн тесен вӑл закон ку вӑхӑт тӗлне хӑйӗн вӑйне ҫухатӗ, ӗҫлеве валеҫессине ун чухне общество продуктсем ыйтасси ӳссе пыни йӗркелесе тӑрӗ. Ҫакӑ вӑл производствӑна общество ыйтӑвӗсем йӗркелесе пыракан общество пулӗ, общество ыйтӑвӗсене шута илсе тӑрасси вара унта план тӑвакан органсемшӗн пӗрремӗш вырӑнта тӑрӗ.

Пирӗн хальхи экономикӑлла строй вӑхӑтӗнче, коммунизмла общество аталанӑвӗн пӗрремӗш сыпӑкӗнче, хаклӑх законӗ производствӑн тӗрлӗ отраслӗсем хушшинче ӗҫлеве валеҫмелли «пропорцисене» йӗркелесе тӑрать тени те пачах та тӗрӗс мар.

Ку тӗрӗс пулсан, ҫакна ӑнланма ҫук: мӗншӗн пирӗн патра ҫӑмӑл промышленноҫа, йывӑр промышленноҫпа—нумай чухне сахал тупӑшлӑ, хӑш чухне тата пачах та тупӑшсӑр промышленноҫпа—танлаштарсан, вӑл ытларах тупӑшлӑ тесе, пӗтӗм вӑйпа аталантармаҫҫӗ?

Ҫав тӗрӗс пулсан, ҫакна ӑнланма ҫук: мӗншӗн пирӗн патра йывӑр промышленноҫӑн халлӗхе тупӑшлӑ мар, рабочисен ӗҫлевӗ «кирлӗ эффект» паман чылай предприятийӗсене хупмаҫҫӗ, мӗншӗн чӑнахах тупӑшлӑ, рабочисен ӗҫлевӗ «пысӑк эффект» пама пултаракан ҫӑмӑл промышленноҫӑн ҫӗнӗ предприятийӗсене уҫмаҫҫӗ?

Ҫав тӗрӗс пулсан, ҫакна ӑнланма ҫук: хаклӑх законӗ производство отраслӗсем хушшинче ӗҫлеве валеҫмелли «пропорцисене» йӗркелет пулсан, мӗншӗн пирӗн патра рабочисене халӑх хуҫалӑхӗшӗн питех те кирлӗ, анчах сахал тупӑшлӑ предприятисенчен ытларах тупӑшлӑ предприятисене куҫармаҫҫӗ?

Ҫакӑ уҫҫӑнах курӑнса тӑрать: пирӗн, ҫавӑн пек калакан юлташсем хыҫҫӑн кайсан, производство хатӗрӗсем туса кӑларассине куллен кирлӗ япаласем туса кӑларассинчен малти вырӑна лартма пӑрахмалла пулӗччӗ. Производство хатӗрӗсем туса кӑларассине малти вырӑна лартма пӑрахни вара мӗне пӗлтерет-ха? Ҫакӑ вӑл пирӗн халӑх хуҫалӑхӗн пӗрмаях ӳссе пырас майне пӗтернине пӗлтерет, мӗншӗн тесен, производство хатӗрӗсем туса кӑларассине малти вырӑна лартмасӑр, халӑх хуҫалӑхне пӗрмаях аталантарса пыма ҫук.

Ҫак юлташсем хаклӑх законӗ капитализм вӑхӑтӗнче ҫеҫ, производство хатӗрӗсем уйрӑм харпӑрлӑх пулнӑ чухне, конкуренци пулнӑ чухне, производство анархийӗ пулнӑ чухне, перепроизводство кризисӗсем пулнӑ чухне ҫеҫ производство регуляторӗ пулма пултарнине манса каяҫҫӗ. Вӗсем ҫакна манаҫҫӗ: пирӗн патра хаклӑх законӗн вӑйӗн анлӑшне производство хатӗрӗсене обществӑлла харпӑрлӑх туса хунипе пӳлнӗ, халӑх хуҫалӑхне план йӗркипе аталантармалли закон вӑйӗпе пӳлнӗ,—ҫапла вара, пирӗн ҫулталӑклӑх тата пилӗк ҫуллӑх плансемпе пӳлнӗ, вӑл плансем халӑх хуҫалӑхне план йӗркипе аталантармалли закона хӑшпӗр таран палӑртаканнисем пулса тӑраҫҫӗ.

Ҫакӑнтан вара хӑшпӗр юлташсем: халӑх хуҫалӑхне план йӗркипе аталантармалли закон тата халӑх хуҫалӑхне планламалли закон производство тупӑшлӑхӗн принципне пӗтерсе хурать, теҫҫӗ. Ҫапла калани пачах та тӗрӗс мар. Ӗҫ шӑпах урӑхла тӑрать. Тупӑшлӑха производствӑн уйрӑм предприятийӗсем е отраслӗсем енчен илсе мар тата пӗр ҫул енчен илсе мар,—пӗтӗм халӑх хуҫалӑхӗ енчен, калӑпӑр, 10—15 ҫул хушшинчи аталану енчен илсе пӑхсан (ку вӑл ыйтӑва тӗрӗс ӑнланмалли пӗртен-пӗр май пулнӑ пулӗччӗ), ҫакӑ курӑнать: производствӑн уйрӑм предприятийӗсен е отраслӗсен вӑхӑтлӑх тата ҫирӗп мар тупӑшлӑхӗ халӑх хуҫалӑхне план йӗркипе аталантармалли законӑн тата халӑх хуҫалӑхне планламалли законӑн вӑйӗсем пире паракан тупӑшлӑхӑн чи ҫӳлте тӑракан, яланлӑха пыракан ҫирӗп формипе нимӗн чухлӗ те танлашма пултараймасть, вӗсен вӑйӗсем пире вӑхӑтран-вӑхӑта пулакан, халӑх хуҫалӑхне ишӗлтерекен тата обществӑна пурлӑх тӗлӗшпе калама ҫук пысӑк сиен тӑвакан экономикӑлла кризиссенчен хӑтараҫҫӗ тата халӑх хуҫалӑхне пысӑк хӑвӑртлӑхсемпе вӗҫӗмсӗр ӳстерме пире май туса параҫҫӗ.

Кӗскен ҫапла каламалла: пирӗн производствӑн хальхи социализмла условийӗсенче хаклӑх законӗ производствӑн тӗрлӗ отраслӗсем хушшинче ӗҫлеве валеҫсе тӑрас тӗлӗшпе «пропорцисен регуляторӗ» пулма пултараймасть.

## 3. Социализм вӑхӑтӗнчи хаклӑх законӗ ҫинчен тӑракан ыйту.

Хӑш чухне ҫапла ыйтаҫҫӗ: пирӗн патра, пирӗн социализмла строй вӑхӑтӗнче, хаклӑх законӗ вӑйра тӑрать-и тата хӑйӗн ӗҫне тӑвать-и?—теҫҫӗ.

Ҫапла, вӑйра тӑрать тата хӑйӗн ӗҫне тӑвать. Таварсем тата таварлӑ производство пур ҫӗрте хаклӑх законӗ те пулмасӑр тӑма пултараймасть.

Пирӗн патра хаклӑх законӗн ӗҫӗн анлӑшӗ чи малтан таварсем сутса илни ҫине, сутни-илни урлӑ таварсем улӑштарни ҫине, пуринчен ытла ҫынсене куллен кирлӗ таварсене улӑштарни ҫине сарӑлать. Кунта, ҫак облаҫра, *хаклӑх законӗ, паллах, хӑшпӗр таран регулятор вырӑнче сыхланса юлать.*

Анчах хаклӑх законӗн ӗҫӗн анлӑшӗ тавар сутса илни ҫине сарӑлнипех чарӑнса тӑмасть. Унӑн ӗҫӗсем производство ҫине те сарӑлаҫҫӗ. Чӑн та, пирӗн социализмла производствӑра хаклӑх законӗ регулятор вырӑнче тӑмасть, анчах вӑл ҫапах та производство ҫине хӑйӗн вӑйне сарать, ҫакна вара производствӑна ертсе пынӑ чухне шута илмесӗр тӑма юрамасть. Ӗҫ акӑ мӗнре: производство процесӗнче тухакан ӗҫ вӑйне ҫӗнетме куллен кирлӗ продуктсене пирӗн патра таварсем пек туса кӑларса сутаҫҫӗ, вӗсем хаклӑх законӗн вӑйӗсене пӑхӑнаҫҫӗ. Шӑпах ҫакӑнта курӑнать те ӗнтӗ хаклӑх законӗн производство ҫине сарӑлакан вӑйӗ. Ҫакна май пирӗн предприятисенче ҫак ыйтусем: хуҫалӑх расчӗчӗпе тупӑшлӑх ҫинчен, таварсен хӑйне ларакан хаклӑхӗ ҫинчен, хаксем ҫинчен тӑракан ыйтусем т. ыт. те *питех те кирлӗ ыйтусем пулса тӑраҫҫӗ.* Ҫавӑнпа та пирӗн предприятисем хаклӑх законне шута илме тивӗҫ, вӗсем ӑна шута илмесӗр ӗҫлеме пултараймаҫҫӗ.

Ку вӑл лайӑх-и? Начар мар. Пирӗн хальхи условисенче ку ӗнтӗ чӑнах та начар мар, мӗншӗн тесен ҫакӑ вӑл пирӗн хозяйственниксене производствӑна усӑллӑ та перекетлӗ тытса пыма вӗрентет тата дисциплинӑна хӑнӑхтарать. Начар мар, мӗншӗн тесен вӑл пирӗн хозяйственниксене производствӑри виҫесене шута илме, вӗсене тӗрӗс шута илме вӗрентет, ҫавӑн пекех тата пуҫран шухӑшласа кӑларнӑ «ориентировочнӑй хисепсем» ҫинчен сӳпӗлтетме мар, производствӑри чӑн-чӑн япаласене тӗрӗс шута илме вӗрентет. Начар мар, мӗншӗн тесен вӑл пирӗн хозяйственниксене производствӑра *курӑнмасӑр выртакан резервсене таптаса ҫӳреме мар, вӗсене шырама,* тупма тата вӗсемпе усӑ курма вӗрентет. Начар мар, мӗншӗн тесен вӑл пирӗн хозяйственниксене производство меслечӗсене тӑтӑшах лайӑхлатса пыма, производствӑн хӑйне ларакан хаклӑхне йӳнетме, хуҫалӑх расчӗтне пурнӑҫа кӗртме тата предприятисене тупӑшлӑн ӗҫлекен тума вӗрентет. Ҫакӑ вӑл—практикӑллӑ паха шкул, вӑл пирӗн хуҫалӑх кадрӗсен ӳсӗмне тата аталанӑвӑн хальхи тапхӑрӗнче вӗсем социализмла производствӑн чӑн-чӑн руководителӗсем пулса тӑрассине хӑвӑртлатать.

Инкек хаклӑх законӗ хӑйӗн вӑйне пирӗн производство ҫине сарнинче мар. Инкек акӑ мӗнре: пирӗн хозяйственниксемпе плановиксем, хӑшӗ-пӗрисемсӗр пуҫне, хаклӑх законӗн вӑйӗсене начар пӗлеҫҫӗ, вӗсене тӗпчесе вӗренмеҫҫӗ тата хӑйсен расчӗчӗсенче вӗсене шута илме пӗлмеҫҫӗ. Пирӗн хаксен политики ҫинчен *тӑракан ыйтура ку вӑхӑтчченех йӗркесӗрлӗх нумай* пулни ҫакӑнтан килет те ӗнтӗ. Акӑ нумай тӗслӗхсенчен пӗри. Темиҫе ҫул каярах, ҫӗр мамӑк туса илес ӗҫе пулӑшас тесе, ҫӗр мамӑк хакӗпе тӗштырӑ хакне йӗр-

## 4. Хулапа ял хушшинчи, ӑс-тӑн ӗҫлевӗпе вӑй-хал ӗҫлевӗ хушшинчи хире-хирӗҫлӗхе пӗтерессипе ҫинчен тӑракан ыйту, ҫавӑн пекех тата вӗсем хушшинчи уйрӑмлӑхсене пӗтересси ҫинчен тӑракан ыйту.

Ку сыпӑкӑн ячӗ темиҫе проблемӑна пырса тивет, вӗсем пӗр-пӗринчен нумай уйрӑлса тӑраҫҫӗ, анчах эпӗ вӗсене пӗр-пӗринпе пӑтраштарма мар, кӗскен каласа пама ҫеҫ пӗр сыпӑкра пӗрлештеретӗп.

Хулапа ял хушшинчи, промышленноҫпа ялхуҫалӑхӗ хушшинчи хире-хирӗҫлӗхе пӗтересси ҫинчен калакан проблема паллӑ проблема пулса тӑрать, Маркспа Энгельс ӑна тахҫанах ӗнтӗ лартнӑ. Ҫав хире-хирӗҫлӗхӗн экономикӑлла никӗсӗ—хула яла эксплуатацилени, капитализм вӑхӑтӗнчи промышленноҫӑн, суту-илӗвӗн, кредит системин пӗтӗм аталанӑвӗ хресченсене пурлӑхсӑр тӑратса хӑварни тата ялти халӑхӑн пысӑк пайне чухӑна кӑларни пулса тӑрать. Ҫавӑнпа та капитализм вӑхӑтӗнчи хулапа ял хушшинчи хире-хирӗҫлӗхе интерессен хире-хирӗҫлӗхӗ тесе хакламалла. Хула ҫине тата мӗнпур «хула ҫыннисем» ҫине ял тӑшманла пӑхни ҫавӑн пирки пуҫланса кайнӑ.

Иккӗленмелли ҫук, пирӗн ҫӗршывра капитализма тата эксплуатаци йӗркине пӗтерсен, социализмла строй ҫирӗпленнӗ хыҫҫӑн хулапа ял интересӗсем хушшинчи, промышленноҫпа ялхуҫалӑх интересӗсем хушшинчи хире-хирӗҫлӗх пӗтмелле пулнӑ. Ҫакӑ ӗнтӗ ҫавӑн пек пулчӗ те. Помещиксемпе кулаксене пӗтерес ӗҫре пирӗн хресченсене социализмла хула, пирӗн рабочи класс питех те пысӑк пулӑшу пани рабочи класпа хресченсен союзӗн никӗсне ҫирӗплетрӗ, хресченсене тата вӗсен колхозӗсене чи паха йышши тракторсем тата ытти машинӑсем тӑтӑшах парса тӑни вара рабочисемпе хресченсен союзне вӗсем хушшинчи туслӑх туса хучӗ. Паллах, рабочисемпе колхоз хресченӗсем ҫапах та икӗ класс пулса тӑраҫҫӗ, вӗсем пӗр-пӗринчен хӑйсен положенийӗпе уйрӑлса тӑраҫҫӗ. Анчах ку уйрӑмлӑх вӗсен туслӑхне нимӗн чухлӗ те вӑйсӑрлатмасть. Пачах урӑхла, вӗсен интересӗсем пӗр пӗтӗмӗшле ҫул-йӗрпе, социализмла строя тата коммунизм ҫӗнтерӗвне тӗреклетес ҫул-йӗрпе пыраҫҫӗ. Ҫавӑнпа та, ял хулана ӗлӗкхи пек шанмасӑр пурӑннинчен, унтан та ытларах, вӑл хулана кураймасӑр пурӑннинчен нимӗнле йӗр те юлмарӗ, ҫакӑнтан тӗлӗнмелли ҫук.

Ҫаксем пурте акӑ мӗне пӗлтереҫҫӗ: хулапа ял хушшинчи, промышленноҫпа ялхуҫалӑх хушшинчи хирехирӗҫлӗх никӗсне пирӗн хальхи вӑхӑтри социализмла строй пӗтерсе хучӗ ӗнтӗ.

Ҫакӑ вӑл, паллах, хулапа ял хушшинчи хире-хирӗҫлӗхе пӗтерни «пысӑк хуласем пӗтесси» патне илсе пырассине пӗлтермест (Энгельсӑн «Анти-Дюринг» кӗнекине пӑхӑр). Пысӑк хуласем пӗтмеҫҫӗ кӑна мар, тата пысӑк та ҫӗнӗ хуласем ӳссе ҫитӗнӗҫ, вӗсем культура чи вӑйлӑ аталаннӑ центрсем пулӗҫ, шултра индустри центрӗсем кӑна мар, ялхуҫалӑх продукчӗсенчен тӗрлӗ йышши япаласем тӑвакан центрсем тата апат-ҫимӗҫ промышленноҫӗн мӗнпур отраслӗсем хӑвӑтлӑн аталаннӑ центрсем пулӗҫ. Ҫакӑ вӑл ҫӗршыв культура енӗпе чечекленессине ҫӑмӑллатӗ тата хулари ялти йӑла условийӗсем пӗрпекленсе танлашасси патне илсе пырӗ.

Ӑс-тӑн ӗҫлевӗпе вӑй-хал ӗҫлевӗ хушшинчи хирехирӗҫлӗхе пӗтересси ҫинчен калакан проблемӑра та эпир ҫакнах куратпӑр. *Ку проблема та Маркспа Энгельс* тахҫанах лартнӑ паллӑ проблема пулса тӑрать. Вӑй-хал ӗҫлевӗпе пурӑнакан ҫынсене ӑс-тӑн ӗҫлевӗн представителӗсем эксплуатацилени ӑс-тӑн ӗҫлевӗпе вӑй-хал ӗҫлевӗ хушшинчи хире-хирӗҫлӗхӗн экономикӑлла никӗсӗ пулса тӑрать. Капитализм вӑхӑтӗнчи предприятисенче вӑй-хал ӗҫлевне тӑвакан ҫынсем унти ертсе пыракан ҫынсенчен уйрӑм тӑни пуриншӗн те паллӑ. Паллӑ ӗнтӗ, ҫапла уйрӑм тӑнине пула рабочисем директора, мастера, инженера тата техникла ытти работниксене тӑшмансем вырӑнне хурса, вӗсем ҫине тӑшманла пӑхасси вӑйланса пынӑ. Анланмалла ӗнтӗ, капитализма тата эксплуатаци йӗркине пӗтернӗ хыҫҫӑн вӑй-хал ӗҫлевӗпе ӑс-тӑн ӗҫлевӗн интересӗсен хире-хирӗҫлӗхӗ те пӗтмелле пулнӑ. Вӑл вара пирӗн хальхи социализмла строй вӑхӑтӗнче чӑнах та пӗтрӗ. Халӗ предприятисенчи вӑй-хал ӗҫлевӗпе пурӑнакан ҫынсемпе вӗсене ертсе пыракансем пӗр-пӗрин тӑшманӗсем мар, пӗр-пӗрин юлташӗсем-тусӗсем, производствӑри пӗрлӗхлӗ коллективӑн членӗсем пулса тӑраҫҫӗ, вӗсем производствӑна ӳстерсе, лайӑхлатса пырассишӗн чун-чӗререн тӑрӑшаҫҫӗ. Вӗсем ӗлӗк пӗр-пӗрне кураймасӑр пурӑннинчен нимӗнле йӗр те юлмарӗ.

(Малалли ҫитес номерте пулать).

*Районти хаçатсене пăхса тухни*

# Çуракине хатĕрленес ĕçе анлăн çутатмалла

Социализмлă ялхуçалăх ĕçченĕсене çитес çуракине кăтартуллă хатĕрленме тата ăна ăнăçлă ирттерме мобилизацилес тĕлĕшпе районти хаçатсем пысăк вырăн йышăнса тăраççĕ. Районти хаçатсем Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕ ялхуçалăхне малалла хăватлăн аталантармалла каларса тăратнă питех те пысăк задачăсене ăнăçлăн пурнăçлассишĕн колхозниксем, механизаторсем, ялхуçалăх специалисчĕсем хушшинче сарăлнă социализмлă ăмăртăвăн чăн-чăн организаторĕсем пулма, ĕçсыннисем хушшинчи партиллĕ-политикăллă тата партиллĕ-организациллĕ ĕçе малалла вăйлатас тĕлĕшпе КПСС райкомĕсене конкретлă пулăшу пама тивĕçлĕ.

Хаçатсем И. В. Сталин юлташăн «СССР Союзĕнчи социализмăн экономикăлла проблемисем» ятлă гениллĕ произведенине, вăл партин XIX-мĕш съезĕнче тухса каланă историллĕ сăмаха, съезд решенийĕсене, Г. М. Маленков, Л. П. Берия, В. М. Молотов юлташсем Мускаври хурлăхлă митингра каланă сăмахсене тата СССР Союзĕн Верховнăй Совечĕн IV-мĕш сессийĕ йышăннă законсене анлăн пропагандăламалла, çапла вара ялхуçалăх ĕçченĕсене Коммунистсен партийĕн ленинла-сталинла Центральнăй Комитечĕпе Совет правительстви тавра тата тачăрах пĕтĕçтермелле, вĕсене сталинла пиллĕкмĕш пилĕкçуллăхăн виççĕмĕш çулĕнчи çуракине ăнăçлăн ирттерме хавхалантармалла.

Районти хаçатсен умĕнче халĕхи вăхăтра тăракан пархатарлă задачăсенчен пĕри—вăйлă тырпулшăн сарăлнă кĕрешÿре малта пыракансен паха опытне анлăн çутатасси. Ялхуçалăх культурисен тухăçлăхне хăпартас тĕлĕшпе иртнĕ çулта тунă çитĕнÿсемпе паллаштарнипе пĕр вăхăтрах хаçатсен çак çулхи çуракине хатĕрленес ĕçре колхозсем, МТС-сем, вырăнти Советсемпе пуçламăш парторганизацисем тунă ĕçсене тĕплĕн тишкермелле, вĕсен ĕçĕнчи паха тĕслĕхсене пĕтĕçтерсе анлăн сармалла, ĕçри ситменлĕхсене çивĕччĕн критиклемелле, çав ситменлĕхсене пĕтермелли майсене кăтартса памалла.

Районти хаçатсен пĕр пайĕ çуракине хатĕрленÿ ыйтăвĕсене çутатас тĕлĕшпе лайăх тĕслĕхсем кăтартать. Чкаловски районĕнчи «Авангард» хаçат ялхуçалăхĕнче малта пыракансен заочнăй канашлăвне ирттернĕ, çав канашлăва хушшинче Б. Павлова комбайнеркăн, «Гвардеец» колхозри уй-хир бригадин бригадирĕн А. Перепелкинăн тата вылăх-чĕрлĕх работникĕсен статйисене пичетленĕ.

Улатăрти «Ленинский путь» хаçат «Çуракине организациллĕ кĕтсе илер!» темăпа тăтăшах полосасем пичетлет. Нумаях пулмасть хаçат редакцийĕ колхоз производствинче малта пыракансен опытне сарас ĕç мĕнле пулса пынине сÿтсе явас тĕллевпе районти ялхуçалăх пайĕпе МТС работникĕсен канашлăвне ирттернĕ. «Ленинский путь» МТС кая-ленчĕсен производствăллă çитĕнÿсене анлăн çутатать, механизаторсемпе колхозниксем хушшинчи тусăлăха çирĕплетме чĕнет.

Анчах та районти хаçатсенчен чылайăшĕ ялхуçалăх çулĕн питех те ответлă тапхăрне хатĕрленес ĕç мĕнле пулса пынине çителĕксĕр çутатаççĕ-ха.

Хĕрлĕ Чутай районĕнчи «Сĕнтĕрÿ çулĕ» хаçатăн январьпе февраль уйăхĕсенче тухнă 17 номертен 9 номерĕнче çураки çинчен пĕр сăмах та асăнман, икĕ уйăх хушшинче çак питех те кирлĕ темăпа пĕр умстатья кăна пичетленĕ. Асăннă умстатья «МТС ĕçне лайăхлатмалла» ятлă. Анчах та хаçат унта «МТС çуракине тÿсме çук начар хатĕрленет... Механизаторсем хушшинче ĕç дисциплинй çук... МТС директорĕ Волков юлташ нимĕнле решение те йышăнма хумасть... Вăл... бюрократ евĕрлĕ çын пулса, чиновникленсе кайнă» тесе фактсене кăна регистрациллет, ситменлĕхсене пĕтерес, МТС ĕçне лайăхлатас тĕлĕшпе мĕн тумалли çинчен пĕр сăмах та асăнмасть. Районти МТС коллективĕ Парачкаври механизаторсен пуçарăвĕ çине ответлесе тунă ĕçсем çинчен хаçат пĕр материал та пичетлемен.

«Сĕнтĕрÿ çулĕ» хаçатăн пысăк ситменлĕхĕ — çуракине хатĕрленес ĕçре малта пыракансен опытне пĕтĕçтерсе сармани, ĕçри ситменлĕхсене çиелтен критиклени. Сăмахран, хаçат январĕн 8-мĕшĕнче «Будь готов» колхоз членĕсем уй-хире пĕр кун хушшинче 1.595 тонна тислĕк кăларни çинчен пĕлтерчĕ, анчах та ку ĕç мĕнле организациленни çинчен пĕр сăмах та асăнмарĕ. Малта пыракансен паха опытне тĕплĕн кăтартса парас вырăнне хаçат хутран-ситрен 10—15 йĕркерен тăракан информаци е пĕр-пĕр сводка пичетленнипе вулакансене çырлахтарасшăн. Хаçат районти механизаторсен социализмлă ăмăртăвне, механизаторсен кадрĕсене хатĕрлес ĕç мĕнле пынине пачах çутатмасть.

Нумаях пулмасть Чкаловски районĕнчи колхозниксемпе колхозницăсем, МТС работникĕсемпе ялхуçалăх специалисчĕсем Чăваш АССР-ĕнчи мĕнпур ялхуçалăх ĕçченĕсене çак çулта татах та пысăк çитĕнÿсем тăвассишĕн социализмла ăмăртăва анлăн сарса яма чĕнсе каларĕç. Чкаловецсен пуçарăвĕ çине ответлесе илнĕ обязательствăсене ăнăçлăн пурнăçлассишĕн сарăлнă социализмлă ăмăртăва анлăн çутатасси — районти хаçатсен хисеплĕ тивĕçĕ.

Çуракине кĕске срокра тата лайăх пахалăхпа ирттересси, чи малтанах, МТС-ран килет. Çавăнпа та районти хаçатсен тракторсемпе ытти ялхуçалăх машинисене юсас тата механизаторсен кадрĕсене хатĕрлес ĕçсем мĕнле пулса пынине тăтăшах çутатмалла, юсав ĕçĕнчи перекетлĕхпе пахалăхшăн кĕрешмелле.

Çавăн пекех çуракине лайăх пахалăхлă тата сортлă вăрлăхсен çителĕклĕ тăран хатĕрлес, уй-хир бригадисене çирĕплетес, колхозсенчи тата МТС-ри ĕç дисциплинине çирĕплетес ыйтусене те хаçатсен интереслентермелле. Уй-хир бригадисене ĕç участокĕсене, туртăм вăйĕ, транспорт инвентарĕсем вăхăтлăх çирĕплетсе панă-и, бригадăсен ĕç планĕсене колхозниксене паллаштарнă-и?—Çак ыйтусене те манăçа хăварма юрамасть.

Нумаях пулмасть пулса иртнĕ отчетлă тата отчетлă суйлав пухăвĕсенче колхозниксем çуракине хатĕрленес ĕçри ситменлĕхсене çивĕччĕн критиклерĕç, колхоз правленийĕсене паха сĕнÿсем нумай панĕç. Ялхуçалăх ĕçченĕсене çак пухусенче палăртнă ситменлĕхсене хăвăртрах пĕтерме пулăшмалла.

МТС-ри тата колхозсенчи ситменлĕхсене тăрăнах уçса кăтартнă шутпа хаçат редакцийĕсен тăтăшах рейдсем организацилемелле, çав рейдсене общественноçа анлăн хутшăнтармалла.

Çураки пуçлансанах хаçатсен уйри мĕнпур ĕçсене лайăх пахалăхлă та агротехника кăтартнă срокĕсенче ирттересси-шĕн ăмăрту пуçарса ямалла, ĕçре брак тăвакансемпе вирлĕн кĕрешмелле.

Кирек епле мероприятин ăнăçлăхĕ те партиллĕ-политикăллă ĕçĕн шайĕнчен килет. Районти хаçатсен пуçламăш парторганизацисен, агитаторсен ĕçне анлăн çутатмалла, агитациллĕ-массăллă ĕçри лайăх тĕслĕхсене пĕтĕçтермелле, ĕçсыннисем хушшинчи партиллĕ-политикăллă ĕçе вăйлатас тĕлĕшпе КПСС райкомĕсене тивĕçлĕ пулăшу памалла.

## Совет Союзĕпе Венгри хушшинчи суту-илÿ çыхăнăвĕсем

СССР Шалти тата тулашри суту-илÿ министерствипе Венгри суту-илÿ делегацийĕ хушшинче пĕр-пĕрне туслăн ăнланнипе пулса иртнĕ калаçусем хыççăн, кăçалхи мартăн 24-мĕшĕнче ССР Союзĕпе Венгри Халăх Республики хушшинче 1953 çул валли пĕр-пĕрне таварсем тăратасси çинчен протокол йышăнса алă пуснă.

1952 çулхипе танлаштарсан, тата 1952 çулхи январĕн 23-мĕшĕнче Совет Союзĕпе Венгри хушшинче нумай вăхăтлăха суту-илÿ çинчен тунă килĕшÿ тăрăх 1953 çул валли палăртнă тавар çаврăнăш висçипе танлаштарсан, 1953 çулта тавар çаврăнăшне чылай ÿстерме калаçса татăлнă.

Совет Союзĕ Венгри Халăх Республикине металлурги, сăрт-ту тата ытти промышленноçăн отраслĕсем валли оборудовани, çĕр мамăкĕ, тимĕр тăпри, кокс, ялхуçалăх машинисем тата Венгрие кирлĕ ытти таварсем тăратать.

Венгри Совет Союзне тинĕс тата юханшыв пăрахучĕсем, транспорт валли оборудовани тата промышленность валли хăшпĕр йышши оборудовани, локомобильсем, пăраВуссем, куллен кирлĕ таварсем тата ытти таварсем тăратать.

Протокол çине Совет Союзĕ енчен— СССР Шалти тата тулашри суту-илÿ министрĕ А. И. Микоян, Венгри енчен — тулашри суту-илÿ министрĕ А. Собек алă пуснă.

## *Аслă Сталина асăнса*

ПАРИЖ, мартăн 23-мĕшĕ. (ТАСС). Ĕнер Сенăпа Уаза департаментĕнчи Сен-Сире хулинче, пĕр площадре Иосиф Виссарионович Сталин ятне памалла тунă ятпа, чаплă митинг пулса иртнĕ. Митингра хула мэрĕ Жестен тухса каланă. Вăл фашизма хирĕç пынă халăхсен кĕрешĕвĕнче тата вăрçă хыççăнхи вăхăтра мире тĕреклетессишĕн пынă кĕрешÿре И. В. Сталин пысăк вырăн йышăнса тăнине палăртнă. Франци ĕçсыннисемшĕн, тенĕ вăл, Сталин хамăр ирĕке тухнăшăн тав тума тивĕçлĕ çын пулса юлать. Сталин çапла кăтартса пачĕ: мирлĕ пурнăçра кăна кашни çын валли телей кÿме пулать.

Жестен хыççăн митингра депутат-коммунист Миdоль тухса каланă. Аслă Сталин ячĕ пĕтĕм прогрессивлă этемлĕх чĕринче ĕмĕр пурăнать, тенĕ вăл.

Совет Союзĕн Францири посольствин советникĕ Н. И. Корюкин ответлă сăмах каланă.

## Клемент Готвальд ятне ĕмĕр асăнмалла тăвасси çинчен йышăннă постановлени

ПРАГА, мартăн 24-мĕшĕ. (ТАСС). Чехословакири телеграф агентстви çапла пĕлтерет:

Чехословакири Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн Президиумĕпе Чехословаки правительствин Президиумĕ Прага хулинче государство шучĕпе К. Готвальд музейĕ тăвасси çинчен тата Клемент Готвальд памятникне лартасси çинчен постановлени йышăннă.

Çак тĕллевпе комисси тунă. Комиссие çаксем кĕреççĕ: председатель—Антонин Запотоцкий, председатель заместителĕ — Вилем Широкий, комисси членĕсем—Вацлав Копецкий, Эмануил Шлехта, Пржи Тауфер, Франтишек Нечавек, Индржих Веселы.

# Корейăри ĕçсем

### ХАЛĂХ ÇАРĔН ГЛАВНĂЙ КОМАНДОВАНИЙĔ ПĔЛТЕРНИ

ПХЕНЬЯН, мартăн 24-мĕшĕ. (ТАСС). Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Халăх çарĕн главнăй командованийĕ паян пĕлтернинче çапла каланă: Халăх çарĕпе Китай халăх добровольцĕсен чаçĕсем тăшмана хирĕç оборонăра тăрса çапăçаççĕ.

Ĕнер çĕрле Америка самолечĕсем Нампхо хули çине тискеррĕн бомбăсем пăрахнă.

Тăшман самолечĕсене хирĕç кĕрешекен салтаксем паян тăшманăн икĕ самолетне персе ÿкернĕ.

ПХЕНЬЯН, мартăн 25-мĕшĕ. (ТАСС). Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Халăх çарĕн Главнăй командованийĕ паян çапла пĕлтернĕ: иртнĕ кун хушшинче Корея Халăх çарĕпе Китай халăх добровольцĕсен соединенийĕсем пур фронтсенче те Америкăпа Англи интервенчĕсене тата Ли Сын Ман çарĕсене хирĕç çапăçнă.

Мартăн 25-мĕшĕ умĕн çĕрле Америка самолечĕсем Пхеньян хулинчи мирлĕ халăх пурăнакан кварталсем çине бомбăсем пăрахнă.

## ООН Генеральнăй Ассамблейин VII-мĕш сессийĕ

*Политикăллă комитетра*

НЬЮ-ЙОРК, мартăн 24-мĕшĕ. (ТАСС). Мартăн 23-мĕшĕнчи ирхи ларура Политикăллă комитет Америкăри Пĕрлешÿллĕ Штатсем ытти государствăсен шалти ĕçĕсене хутшăнни çинчен тăракан ыйтăва сÿтсе явма тытăннă. Ку ыйтăва Генеральнăй Ассамблейăн сессийĕн кун йĕркине Чехословаки делегацийĕ сĕннипе кĕртнĕ.

Çак ыйтăва сÿтсе явасси Чехословаки ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕ В. Давид тĕплĕн тухса каланипе пуçланнă.

«Пĕр-пĕрин хушшинче хăрушсăрлăх туса хурасси» çинчен текен закона йышăннипе, тенĕ В. Давид, тĕнчери çыхăнусен историйĕнче США правительстви ытти государствăсен шалти ĕçĕсене хутшăнассине уççăн тата тÿрех закон йĕркипе ырларĕ, çакă вăл хăйĕн программи пулса тăни çинчен пĕлтерчĕ. Тĕнчери çыхăнусен историйĕнче малтанхи хут çĕршыв правительстви хăйĕн законĕсенче тĕнчери çыхăнусен тата тĕнчери халăхсем пĕр-пĕринпе килĕштерсе пурăнмаллин тĕп принципĕсене сĕмсĕррĕн пăсассине хăйĕн официальнăй политикин тĕп пайĕ пулса тăрать тесе пĕлтерет.

Чехословаки делегацийĕ, тенĕ малалла В. Давид, çак ыйтăва Генеральнăй Ассамблейăн VII-мĕш сессийĕн кун йĕркине акă мĕншĕн кĕртесшĕн пулчĕ: çак ыйтăва Пĕрлешнĕ нацисен организацийĕнче сÿтсе явнине Чехословаки делегацийĕ мире тата тĕнчери халăхсен хăрушсăрлăхне тĕреклетес тĕлĕшпе тунă пысăк ĕç тесе шутлать. Мĕншĕн тесен Пĕрлешÿллĕ Штатсем мир лагерĕнче тăракан çĕршывсен шалти ĕçне хутшăнни тĕнчери ларутăрăва йывăрлатма пулăшать, çакă вăл ООН Уставĕн принципĕсемпе тĕллевĕсене сĕмсĕррĕн пăсни пулать.

Чехословаки ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕ США Чехословаки тĕлĕшпе вăрçă хыççăнхи вăхăтра Чехословаки халăхĕн шухăшĕсене пурнăçлама чăрмантарас тĕллевпе политика тытса пынине кăтартса панă, США ăна хăйĕн государствине хăйĕн ирĕкĕпе туса пыма парасшăн мар. Чехословакие политикăпа экономика тĕлĕшĕнчен хăйне пăхăнтарма США пур майсемпе те тăрăшнă, Чехословаки халăхĕн ирĕкне хирĕç пырса Чехословакире капитализм йĕрки туса хума тăрăшнă, Чехословакие Совет Союзĕнчен уйăрса яма тăрăшнă, Чехословакирен Совет Союзне хирĕç тăракан çар планĕсене пурнăçламалли хĕçпăшал туса хурасшăн пулнă.

США, тенĕ В. Давид, Чехословакие хăйне пăхăнтарас шутпа пирĕн çĕршывра экономика тĕлĕшĕнчен килсе тухнă йывăрлăхпа хăйне кирлĕ пек усă курасшăн пулнă. США правительстви экономика енĕпе хĕсни нимĕн патне те илсе пыма пултараймарĕ. Чехословаки, ытти халăх демократи çĕршывĕсем пекех, Совет Союзĕ тăванла пысăк пулăшу панипе США-н çăкнашкал ĕçĕсене хирĕç тăма пултарчĕ, вăл хăйĕн мирлĕ экономикине ăнăçлă пурнăçласа пырать. Çакăн пек ăнăçсăрлăх килсе тухнă хыççăн, Пĕрлешÿллĕ Штатсенчи пуç пулса тăракан ушкăнсем хăйсен тĕллевне 1948 çулхи февраль уйăхĕнче реакциллĕ путч тунипе пурнăçлама хăтланчĕç. Анчах Чехословаки халăхĕ реакциллĕ вăйсене путлантарса лартрĕ, хăйĕн суверенитечĕпе халăх демократи стройне тата ытларах çирĕплетрĕ. Сутăнчăк политиксем пулăшнипе тата реакциллĕ путч тунипе Чехословакири йĕркене улăштарма май çуккине курсан, США-ри ертсе пыракан ушкăнсем ытти майсемпе усă курма пуçларĕç.

Çакăн пек майсенчен пĕри вăл, уйрăммăн илсен, диверсипе шпионла ĕç пулса тăрать, тенĕ В. Давид.

НЬЮ-ЙОРК, мартăн 24-мĕшĕ. (ТАСС). Политикăллă комитетăн мартăн 23-мĕшĕнче пулнă кăнтăрлахи ларăвĕнче СССР представителĕ А. А. Громыко тухса каланă. Унăн сăмахĕ комитетăн кăнтăрлахи пĕтĕм ларăвне тенĕ пекех йышăннă. Комитет хальхи вăхăтра США ытти государствăсен шалти ĕçне хутшăнни çинчен тăракан ыйтăва сÿтсе явать.

А. А. Громыко хăйĕн сăмахĕнче конкретлă фактсем, официальнăй документсем тата çавăн пекех Америкăри паллă политикăллă деятельсем тухса каланисене илсе кăтартнă.

Ун хыççăн Америка делегачĕ Лодж çапла каланă: Совет представителĕн сăмахĕнче илсе кăтартнă Даллес, Стассен сăмахĕсем тата ытти хăшпĕр паллă деятельсем каланă сăмахсем официально йĕркепе каланă сăмахсем мар, уйрăм çынсем каланă сăмахсем пулса тăраççĕ, тенĕ. Лодж çавăн пекех Дьюи каланине те шута илмелле мар тенĕ. Мĕншĕн тесен, тенĕ вăл, Дьюи «ытти çĕршывсемпе çыхăну тытман» штатăн губернаторĕ пулса тăрать.

## Филиппин çарĕсене Корейăран илсе тухма ыйтаççĕ

НЬЮ-ЙОРК, мартăн 25-мĕшĕ. (ТАСС). Ассошиэйтед Пресс агентствин Манилăри корреспонденчĕ пĕлтернĕ тăрăх, ĕнер Филиппин парламенчĕн представительсен палатин ют çĕршыв ĕçĕсен комиссийĕн ларăвĕ пулнă. Комисси нумаях пулмасть представительсен палатин членĕсем тăратнă резолюцие сÿтсе явнă. Çав резолюцире Корейăран Филиппин çарĕсене пурне те илсе тухмалла тăвасси çинчен каланă.

Оппозицире тăракан, Националистсен партийĕн членĕ Дуран çак резолюцие хÿтĕленĕ, Индипе Индонези хăйсен çарĕсене Корейăна яман, тесе кăтартса панă. Дуран çапла ыйтнă: «Эпир Филиппин Хĕвелтухăçĕнчи ытти çĕршывсемпе пĕр тан пытăр теместпĕр-и вара?»

Ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕ Элисальде тата оборона министрĕн ĕçĕсене туса пыракан Кастелья Филиппин çарĕсене Корейăран илсе тухассине хирĕç пулнă.

*А. М. Горький çуралнăранпа 85 çул тултарас умĕн*

## Аслă писатель произведенийĕсем чăвашла

«Ман кĕнекесене чăвашла куçарнăшăн чунтан савăнатăп.

Ман шутпа, литература халăхпа халăха нимрен ытла çăмăлрах та лайăхрах паллаштарать. Ку шухăш хăйĕн ĕçне юрататакан профессионалăн шухăшĕ мар,—ку шухăш хам пĕлекен пулнăранпа 40 çул хушши сăнаса пурăннинчен тухать. Ман шухăша тата акă мĕн çирĕплетет. Хĕвеланăç Европăри нихăш çĕршывра та кĕнекесене тĕп чĕлхерен пирĕн Совет Республикисен Союзĕнчи пек нумай куçарса кăлармаççĕ. Çавăнпа та хут пĕлекен вырăс çынни Европăри халăхсен пурнăçĕ çинчен вĕсем хăйсем Россия çинчен тата вырăссем хушшинче авалтанпах пурăнакан вак халăхсем çинчен ĕлĕк е халĕ пĕлнинчен танлаштарма çук нумай пĕлет.

Çав вак халăхсене, вăл шутрах чăвашсене те, хăйсем мĕн пĕлменнине пĕлме анлă çул уçăлчĕ... Кĕнекесем пире ĕçлекен халăхăн мĕнпур асапĕн сăлтавĕ, пурнăçри мĕнпур ирсĕрлĕх çăлкуçĕ—капиталистсен влаçĕ пулса тăнине ăнланса илме вĕрентеççĕ. Экономика тĕлĕшĕнчен пурте пĕр тан пулсан тин çынсем ирĕклĕ те телейлĕ пулаççĕ. Çакна коллективлă ĕçпе кăна тума пулать, вăл çынсене пусмăрлама май паракан никĕсе—уйрăм харпăрлăха пĕтерсе, унпа пĕрле кĕвĕçнине, ĕмĕтсĕрлĕхе, курайманлăха та пĕтерет.

...Чăваш халăхне хăйĕн культурине аталантарас ĕçре, çĕнĕ пурнăç тăвас ĕçре пĕтĕм чунтан хастарлăхпа нихçан иксĕлми вăй сунатăп».

Çапла çырнă А. М. Горький 1928 çулта Чăваш Государство издательствинче ĕçлекенсем патне.

Горький çырнă произведенисене чăвашла куçарас ĕç пирĕн, тĕпрен илсен, 1924 çулсенче пуçланнă. Çав çулта М. Горькин «Челкаш» калавĕ уйрăм кĕнекен пичетленсе тухнă. Тепĕр çултан «Сунтал» журналăн 1(7)-мĕш номерĕнче (1925 ç.) Горькин тепĕр произведенине — «Тăвăл хыпарçи çинчен хунă юррине» куçарса пичетленĕ.

Çав çулах — «Сунтал» журналăн 12(18)-мĕш номерĕнче А. М. Горькин «Январĕн 9-мĕшĕ» сыпăкне куçарса пичетленĕ. 1927 çулта «Эрхип асаттепе Лявук» калавне уйрăм кĕнеке туса кăларнă. 1928—1929 çулсенче «Сунтал» журналта «Амăшĕ» романăн пĕр сыпăкне тата «Çирĕм улттăпа пĕрре» калава куçарса пичетленĕ.

1929 çулта А. М. Горькин «Детство» повеçне, «Çамрăк ĕмĕрĕм» ят парса, уйрăм кĕнеке туса кăларнă.

1931 çултан пуçласа Чăвашгосиздатпа хаçат редакцийĕсем аслă писателĕн произведенийĕсене массăллăн куçарса кăларас ĕçе тытăнаççĕ. 1931 çулта (пĕр çул хушшинче!) тăватă произведени, 1932 çулта—«В. И. Ленин», «Манăн университетсем», «Амăшĕ», «Тăвăл хыпарçи», «Клим Самгинăн пурнăçĕ» романăн сыпăкĕсем, «Итали çинчен хунă юмахсенчен» пĕр юмахĕ чăвашла пичетленсе тухаççĕ.

Куçару ăсталăхĕ енчен, ĕçе тĕплĕ туни енчен илсе пăхсан, Чăвашгосиздат 1936 çул хыççăн пичетлесе кăларнă «Январĕн 9-мĕшĕ», «Егор Булычев тата ыттисем», «Васса Железнова», «Тĕпĕнче», «Фома Гордеев» кĕнекесене палăртмалла. Вĕсенче пуринче те, тенĕ пек, Горький чĕлхин хăвачĕ, хăйне евĕр стилĕ, вырăс сăмахлăхĕн иксĕлми пуянлăхĕ уççăн палăрса тăрать.

Ку произведенисемсĕр пуçне, 1930—1941 çулсем хушшинче А. М. Горькин тата çак произведенийĕсене уйрăм кĕнекен пичетлесе кăларнă: «Зазубрина», «Ачасем», «Туссем», «Эрхип асаттепе Лявук» калавсен пысăк сборникĕ.

«Сунтал» журналта çак произведенисем пичетленнĕ: «Макар Чудра», «Тăвăл хыпарçи», «Сокол çинчен хунă юрă», «Çеçенхирте», « вывод», «Хĕрача», «Кирилка», «Чиц-чипер Франци», «Колюша», «Валеçни», «Мещенсем» пьеса, «Хĕрпе вилĕм» юмах т. ыт. те.

А. М. Горький произведенийĕсене чăвашла куçарса кăларма тытăннăранпа Чăвашсен Государство издательстви аслă писателĕн тĕрлĕ сочиненийĕсене халăх хушшине 80 пин экземпляр кĕнеке саратнă. Тĕрлĕ хаçат-журналсенче, хрестоматисенче пичетленнĕ произведенисене шута илес пулсан, А. М. Горький произведенийĕсем чăваш халăхĕ хушшине 500 пин экземпляр ытла сарăлнă.

Чăваш республикинчи ĕçсыннисем аслă писатель произведенийĕсене вырăсла та, чăвашла та юратса вулаççĕ.

**Ф. АФАНАСЬЕВ.**

# Комсомол организацийĕсен çуракине хатĕрленсе ирттерес ĕçри задачисем

Хаклă çулпуçăмăр тата учителĕмĕр Иосиф Виссарионович Сталин вилнĕ хыççăнхи хурлăхлă кунсенче комсомолецсемпе комсомолкăсем, мĕнпур совет çамрăкĕсем, Коммунистсен партийĕн шанчăклă та тÿсĕмлĕ ывăлĕсемпе хĕрĕсем, Тăван çĕршывăн çулăмлă патриочĕсем пулма, хăйсен пĕтĕм пурнăçне Ленин—Сталин ĕçне, коммунизм çĕнтерĕвĕшĕн кĕрешес ĕçе пама тупа турĕç.

И. В. Сталина пытарнă чухнехи хурлăхлă митингра, 1953 çулхи мартăн 9-мĕшĕнче, ССР Союзĕн Министрĕсен Совечĕн Председателĕ Г. М. Маленков юлташ çапла каларĕ: «Пирĕн чи таса тивĕç — социализмлă Тăван çĕршыва чечеклентерсе пырасси пулать. Пирĕн социализмлă промышленноçа, хамăр çĕршывăн хăвачĕпе çирĕплĕхĕн тĕрекне, пур майсемпе те аталантарса пымалла. Пирĕн колхоз стройне пур майсемпе те тĕреклетсе пымалла, совет çĕршывĕнчи мĕнпур колхозсене малалла çĕклесе чечеклентерсе пымалла, рабочи класпа колхоз хресченĕсен союзне çирĕплетмелле». Çак сăмахсене пирĕн республикăри комсомол организацийĕсем хăйсен пысăк ответлăхне туйса кĕтсе илчĕç.

Партин XIX-мĕш съезчĕ социализмлă ялхуçалăхне малалла аталантарса пымалли çула уçăмлăн кăтартса пачĕ. Республикăри колхозсен 1953 çулта тата малалахи çулсенче те тĕштырă пухса илессине, аш-какай, сĕт тата ытти ялхуçалăх продукчĕсем тăвассипе чылай ÿстермелле. Çак задачăна ăнăçлă пурнăçлас ĕçре комсомол организацийĕсем пысăк вырăн йышăнса тăраççĕ.

Партипе правительство социализмла ялхуçалăхĕ умне лартнă пысăк задачăсене ăнăçлă пурнăçлассишĕн республикăри колхозсемпе МТС-сенчи комсомол организацийĕсем тимлĕн тăрăшса ĕçлеççĕ. Чкаловски районĕнчи комсомолецсемпе çамрăксем пуçарнипе республикăри çамрăксем хушшинче çитес çуракине лайăх хатĕрленсе кĕтсе илессишĕн социализмла ăмăрту анлăн сарăлчĕ.

Чкаловски районĕнчи комсомолецсемпе çамрăксен чĕнĕвне йышăнса, Елчĕк районĕнчи çамрăксем çуракине тĕплĕн хатĕрленсе ирттерессишĕн уйрăмах тăрăшса ĕçлеççĕ. Комсомол организацийĕсем çуракине хатĕрленес тĕлĕшпе ирттерекен воскресниксене кунта яланах çĕршер комсомолецсемпе çамрăксем хутшăнаççĕ. Вĕсен вăйĕпе колхозсен уй-хирне 3.173 тонна тислĕк кăларнă, 358 центнер кĕл, 229 центнер кайăк-кĕшĕк тислĕкĕ пуçтарнă.

Социализмла ăмăрту пуçарса янă Чкаловски районĕнчи комсомолецсемпе çамрăксем хăйсен обязательствисене чыслăн пурнăçласа пыраççĕ. Вĕсем 2 пин центнер ытла кĕл, 900 центнер кайăк-кĕшĕк тислĕкĕ пуçтарнă, 4 пин гектар çинче юр тытса юлнă, ялхуçалăх инвентарĕсене пурне те тенĕ пекех юсаса çитернĕ.

Ялхуçалăх культурисен тухăçлăхне ÿстерес ĕçре машинăпа-трактор станцийĕсен ответлăхĕ малашне тата ытларах ÿсет. Хăйсен умне лартнă пысăк задачăсене ăнăçлă пурнăçласа пырас тесен, механизаторсен техникăллă пĕлĕвĕсене пĕрмаях ÿстерсе пымалла. Ростов облаçĕнчи Надеждинск МТС-ĕнчи механизаторсен, хаклă пуçарăвне йышăнса, Первомайски, Йĕпреç, Сĕнтĕр тата ытти МТС-сенчи трактористсем хăйсен ĕçĕпе çыхăнса тăракан специальноçсене вĕренеççĕ.

Çуракине лайăх хатĕрленесси государствăн пысăк ĕçĕ пулса тăрать. Çурхи тырăсене кĕске срокра акса пĕтермелле. Вăйлă тырпул никĕсне хывмалли çак ответлă ĕçе ăнăçлă ирттерес тесен, ялти комсомолецсен çуракине тĕплĕн хатĕрленсе çитессишĕн ку кунсенче питех те тимлĕн кĕрешес пулать. Çуракине кĕске срокра тата лайăх пахалăхпа ирттерме мĕн кирлине пурне те халех хатĕрлесе çитермелле.

Анчах хăшпĕр районсенче комсомол организацийĕсем çуракине хатĕрленес ĕçре парторганизацисемпе колхоз правленийĕсене пулăшас тĕлĕшпе япăх ĕçлеççĕ. ВЛКСМ Октябрьски, Калинино, Хĕрлĕ Чутай, Советски райкомĕсем ялти комсомолецсемпе çамрăксен социализмлă ăмăртăвне кирлĕ пек ертсе пымаççĕ. ВЛКСМ Калинино райкомĕ колхозсенче вырăнти удобренисем хатĕрлес тĕлĕшпе воскресниксем ирттересси çинчен пĕлтернипех лăпланать, комсомол организацийĕсен ĕçне тишкермест тата вĕсене ĕçре пулăшса пымасть. ВЛКСМ Октябрьски райкомĕ çуракине хатĕрленес ĕçсем çинчен телефон тăрăх калаçнисĕр тата отношенисем янисĕр пуçне урăх нимĕн те тумасть.

Çапла ĕçленине пула ĕнтĕ ку районта «Дружба», «Новый быт», «Первое Мая» тата Маяковский ячĕпе тăракан колхозсенчи комсомол организацийĕсем çуракине хатĕрленес ĕçе пачах хутшăнмаççĕ.

Çуракине хатĕрленес ĕçе активлă хутшăнасси ялти комсомол организацийĕсен хальхи чи пысăк ĕçĕсенчен пĕри пулса тăрать. Вĕсен парторганизацисене, колхозсемпе МТС-сен руководителĕсене тракторсемпе ялхуçалăх машинисем юсас, вăрлăх сортлас, уй-хире удобренисем кăларас, çуркуннехи юр шывне тытса юлас ĕçсене вăхăтра тата лайăх ирттерме куллен пулăшса пымалла. Комсомол организацийĕсен уй-хир бригадисене çирĕплетме, туртăм вăйĕпе тата ĕç хатĕрĕсемпе усă курас ĕçри хуçасăрлăха пĕтерме пулăшмалла.

ВЛКСМ райкомĕсемпе пуçламăш организацисен ялти çамрăксем хушшинче çуракине кăтартуллăн хатĕрленсе çитессишĕн социализмла ăмăртăва тата анлăрах сарса ярас пулать. Çамрăксен ăмăртăвне комсомол райкомĕсемпе пуçламăш организацисен секретарĕсем тÿрремĕнех хăйсем ертсе пыма тивĕçлĕ. Колхозсенче вăрлăх сортлама, вырăнти удобренисемпе минераллă удобренисем турттарма комсомолецсемпе çамрăксенчен уйрăм бригадăсем организацилемелле, вĕсем хушшинче социализмла ăмăрту сарса ямалла.

Колхозсенчи комсомол организацийĕсен, пуçламăш парторганизацисемпе тата артель правленийĕсемпе пĕрле, чи лайăх комсомолецсемпе çамрăксене сухаçăсем, акаçăсем, сÿреçĕсем пулса ĕçлеме уйăрмалла, вĕсене хăйсен ĕçĕн агротехникине вĕрентмелле.

Комсомол организацийĕсен çуракине кăтартуллăн хатĕрленсе ирттерес тĕлĕшпе хăйсен умĕнче тăракан задачăсене ăнăçлă пурнăçлас тесен, союзра тăман çамрăксемпе тата анлăрах та тачăрах çыхăну тытмалла, мĕнпур çамрăк колхозниксене социализмла ăмăртăва хутшăнтармалла. Колхоз пуянлăхне ÿстерессишĕн кĕрешес ĕçре кашни комсомолецăн союзра тăман çамрăксене паха тĕслĕх кăтартас пулать.

Ялти комсомол организацийĕсем вăйлă тырпулшăн кĕрешес ĕçе ăнăçлă туса пычăр тесен, ВЛКСМ райкомĕсен вĕсене тимлĕн пулăшса пымалла, комсомолецсемпе çамрăксем хушшинче политикăллă-массăллă ĕçе анлăн туса пымалла. Колхозсемпе МТС-сенчи çамрăксене партин XIX-мĕш съезчĕ йышăннă историллĕ решенисене тарăнăн ăнлантарса памалла, çак ĕçе тума ВЛКСМ райкомĕсен ялсене докладчиксемпе лекторсем, агиткультбригадăсем ямалла.

Комсомол райкомĕсен работникĕсен пуçламăш организацисенче ытларах пулса, вĕсене çуракине лайăх хатĕрленсе ирттерес ĕçе тĕрĕс организацилеме, КПСС Уставĕ тăрăх комсомол организацийĕсене панă правăпа тĕрĕс усă курма, ВЛКСМ пуçламăш организацийĕсен ĕçне çÿлĕ шая çĕклеме пулăшмалла.

Ялти комсомолецсемпе çамрăксене çитес çуракине кăтартуллăн хатĕрленсе ирттерессишĕн активлăн кĕрешме мобилизацилер, кăçал пысăк тухăçлă ялхуçалăх культурисем пăхса ÿстерессишĕн çамрăксен социализмла ăмăртăвне тата анлăрах сарар.

**А. ИВАНОВ.**
**ВЛКСМ обкомĕн секретарĕ.**

Редактор **В. Я. ЯКОВЛЕВ.**

**ТЕАТР**

ЧĂВАШ АКАДЕМИ ТЕАТРĔНЧЕ—мартăн 27-мĕшĕнче кăнтăрла тата каçхине вырăсла спектакль **«Ночь ошибок»**. Кăнтăрлахи спектакль 12 сехетре, каçхи спектакль 20 сехетре пуçланать.

**КИНО**

«РОДИНА»—мартăн 27-мĕшĕнче 10, 12 тата 14 сехетре пуçланакан сеанссенче **«Волга-Дон»**, 16 сехетре, 18 сехет те 15 минутра, 20 тата 22 сехетре пуçланакан сеанссенче **«Остров страданий»**.

«УДАРНИК»—мартăн 27-мĕшĕнче **«Первый бал»**.

РЕДАКЦИ АДРЕСĔ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5, Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителĕ—3-99, ответлă секретарь—4-20, секретариат—3-54, промышленность пайĕ—5-74, информаци пайĕ—5-74, парти пурнăç пайĕ—3-99, ялхуçалăх пайĕ—3-97, культура пайĕ—8-61, совет строительстви пайĕ—8-61, çырусен пайĕ—7-32, издательство кантуре—0-23.

НТ 01048 Типография №1 Чувашполиграфиздата. Тираж 20.000 экз.